ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
11
ЮНКУН
№ 51 (8960)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

*Хăйĕн иксĕлми вăй-хăвачĕ çине çирĕппĕн шанса тăрса, совет халăхĕ коммунизм строительствин аслă ĕçне туса пырать. Совет обществи коммунизм патнелле çĕнтерÿллĕн утса пырассине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!*

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Сталин ячĕ ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ

Пирĕн парти, пирĕн çĕршыври халăхсем, прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх Ленинăн соратникĕпе тата унăн ĕçне генилле туса пынă аслă çынпа, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе тата учителĕпе Иосиф Виссарионович Сталинпа ĕмĕрлĕхех уйрăлчĕç.

Пирĕнтен Аслă Сталин уйрăлса кайни пирĕн партишĕн, совет халăхĕшĕн, мĕнпур этемлĕхшĕн питех те йывăр, каялла тавăрма çук питĕ пысăк çухату. Пĕтĕм этемлĕх Сталинăн çутă ячĕ умĕнче пуç таять.

Сталинăн ĕмĕр-ĕмĕрсем хушши çутатса тăракан ячĕ пĕтĕм этемлĕхĕн аслăран та аслă генийĕсен—Маркснăн, Энгельсăн тата Ленинăн ячĕсемпе юнашар тăрать. Сталин ĕçĕсемпе идейисем ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕç, ырă кăмăллă пулас ăрусем те, пирĕн пекех, Сталин ятне мухтаса асăнĕç.

Сталин совет халăхĕшĕн тата тĕнчери мĕнпур ĕççыннисемшĕн тунă ĕç аслă та калама çук пысăк. Вăл хăйĕн чи çывăх тусĕ, чи аслă учителĕ Ленин пекех, хăйĕн пĕтĕм пурнăçĕпе ĕçне рабочи класа, мĕнпур ĕççыннисене эксплуататорсен пусмăрлăхĕпе чуралăхĕнчен ирĕке кăларас ĕçшĕн, этемлĕхе аркатуллă вăрçăсенчен хăтарас ĕçшĕн, çĕр чăмăрĕ çинче мĕнпур ĕç халăхĕ валли ирĕклĕ те телейлĕ пурнăç туса парас ĕçшĕн пачĕ.

Аслă Сталин хăйĕн учителĕпе пĕрле—Аслă Ленинпа пĕрле Коммунистсен мухтавлă та хăватлă партине туса çитĕнтерчĕ, унпа пĕрле хамăр çĕршывра царизма тата капитализма хирĕç, помещиксемпе капиталистсен пусмăрне сирпĕтсе антарассишĕн халăхăн революциллĕ кĕрешĕвне ертсе пычĕ. Октябрьти Социализмлă Аслă революцин çĕнтерĕвне организацилерĕ, Сталин юлташ, Ленинпа пĕрле, пирĕн Советла социализмла государствăна туса çирĕплетрĕ.

Аслă Ленин вилнĕ хыççăн, Сталин юлташ хăйĕн учителĕ вĕрентнине пур йышши тăшмансенчен те хÿтĕлесе хăварчĕ, пирĕн партие тата çĕршыва Ленин кăтартса панă çулпа малалла илсе пычĕ. Сталин çул кăтартса, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, совет халăхĕ хамăр çĕршывра социализм туса çитерчĕ, рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин тата мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне пĕрмаях çĕклентерсе пымалли сталинла аслă программăна пурнăçа кĕртес ĕçе анлăн сарса ячĕ.

Сталин юлташ тăрăшнипе, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, пирĕн Тăван çĕршыв, ĕлĕк кая юлса пынă çĕршыв, индустриллĕ-колхозлă, никам çĕнтерейми хăватлă аслă держава пулса тăчĕ. Сталин юлташ ертсе пынипе, пирĕн парти ĕлĕк пусмăрта пулнă халăхсем экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен кая юлнине пĕтерчĕ, Совет Союзĕнчи пур нацисене те пĕр тăванла çемьене пĕтĕçтерчĕ тата халăхсен никам хавшатайми туслăхне çирĕплетрĕ. Пирĕн аслă Тăван çĕршывра, нумай нациллĕ питех те пысăк государствăра, нацисем хушшинче ĕмĕр-ĕмĕр пынă хирĕçĕве пĕтерчĕ.

Сталин юлташ тăван атте пек хăй пăхса çитĕнтернĕ Совет Çарне пирĕн çĕршыври халăхсен аслă çĕнтерĕвĕсене куç шăрçине сыхланă пек сыхласа усрама вĕрентрĕ. Совет Çарĕ хăйĕн генилле полководецĕ Генералиссимус Сталин ертсе пынипе ÿссе çирĕпленсе, хăватлăланса пычĕ, тĕнчери чи хăватлă, пĕтĕм ĕççыннисем чунтан-чĕререн юратакан аслă халăх çарĕ пулса тăчĕ. Совет Союзĕ пĕр-пĕччен, капитализмла çĕршывсем хупăрласа тăнă пĕр-пĕччен çĕршыв пулнă пулсан, Генералиссимус Сталин ертсе пынипе, тĕнчери иккĕмĕш вăрçăра фашизма çĕнтерсе пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерÿ турĕ, тĕнчере пĕр-пĕччен юлнă лару-тăруран тухрĕ. Совет Союзĕн çĕнтерĕвне пула сакăрçĕр миллион çын пурăнакан, мире юратакан государствăсен никам çĕнтерейми хăватлă лагерĕ ÿссе çитĕнчĕ.

Çак лагерьте, мирпе демократи тата социализм лагерĕнче, тăванла тачă пĕтĕçсе, совет халăхĕпе пĕрле, аслă Китай халăхĕ, Польшăри, Чехословакири, Болгарири, Венгрири, Румынири, Албанири, Демократиллĕ Германи Республикинчи, Монголи Халăх Республикинчи тăванла халăхсем малалла пыраççĕ. Паттăр Корея халăхĕ хаяр кĕрешÿре хăйĕн Тăван çĕршывне хÿтĕлесе тăрать.

Аслă Сталин Совет государствин пĕтĕм пурнăçĕпе ĕçне ăслăн ертсе пынипе пĕр вăхăтрах хамăр çĕршыври коммунизм строительствин теориллĕ проблемисем енĕпе тата пĕтĕм тĕнче аталанăвĕн проблемисем енĕпе ялан ĕçлерĕ. ССР Союзĕн малалла аталанса пымалли çул-йĕрне, хальхи вăхăтри условисенче социализм тата капитализм аталанăвĕн законĕсене наука суттипе çутатса пачĕ. Вăл пирĕн партие, пирĕн пĕтĕм халăха марксизм-ленинизм наукин пысăк открытийĕсемпе хĕçпăшаллантарчĕ. Сталин кăтартса панисем эпир нумай çулсем хушши малалла каймалли, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне çитмелли çула çутатса тăраççĕ.

Аслă Сталин, пирĕн юратнă тусăмăр, пирĕн тăван аттемĕр, пирĕн çулпуçăмăрпа учителĕмĕр пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлса кайрĕ. Чĕре питех те хытă ыратать, çухату питех те пысăк, анчах çак йывăрлăхра та пирĕн Коммунистсен аслă партийĕн хурçă пек çирĕп сталинла ирĕкĕ хуçăлас çук. пирĕн партин пĕрлĕхĕ тата коммунизмшăн кĕрешес ĕçри çирĕплĕхĕ хавшас çук. Аслă Сталинăн вилĕмсĕр ĕçĕ Коммунистсен партийĕн сталинла Центральнăй Комитечĕ аллинче. Маркснăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн революциллĕ теорийĕпе хĕçпăшалланнă, рабочи класпа мĕнпур ĕççыннисен интересĕсемшĕн çур ĕмĕр хушши кĕрешсе пухнă опытпа ăсăланнă пирĕн парти коммунизмла общество тăвас ĕçе мĕнле илсе пымаллине пĕлет. Çавăнпа та Совет Союзĕнчи халăхсем Коммунистсен партине, унăн Центральнăй Комитетне тата хăйсен Совет Правительствине малашне те пĕтĕм чун-чĕререн шанса тăраççĕ.

Совет государствин тăшманĕсем эпир йывăр çухату тÿснĕ пирки пирĕн ретре йĕркесĕрлĕхсем пулассине тата эпир шикленсе ÿкессе ан кĕтчĕр. Пирĕн парти хăйĕншĕн йывăр кунсенче хăйĕн речĕсене тата тачăрах пĕтĕçтерет, вăл сталинла пĕрлĕхпе, ирĕкпе, чăтăмлăхпа çирĕпленсе тăрать. Çак хурлăхлă кунсенче Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем аслă вырăс халăхĕпе пĕрлĕхлĕ пулса Совет Правительствипе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тачăрах пĕтĕçрĕç.

Пирĕн чи таса тивĕç—Коммунистсен аслă партине, Ленин—Сталин партине малашне те тĕреклетсе пырасси пулать. «Пирĕн партин вăйĕпе никам çĕнтерейми хăвачĕ—унăн речĕсен пĕрлĕхĕпе пĕтĕçÿлĕхĕнче, парти членĕсем хăйсен ирĕкне парти ирĕкĕпе тата кăмăлĕпе пĕрлештерме пĕлнинче. Пирĕн партин вăйĕпе никам çĕнтерейми хăвачĕ—халăх массисемпе уйрăлми тачă çыхăнса тăнинче. Партипе халăх пĕрлĕхĕн никĕсĕ—парти халăх интересĕсемшĕн пĕр пăркаланмасăр ĕçлени пулать. Пирĕн парти пĕрлĕхне куç шăрçине сыхланă пекех сыхламалла, партипе халăх хушшинчи çирĕп çыхăнусене тата та ытларах тĕреклетсе пымалла, коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисене политика тĕлĕшпе питех те сыхă пулма, шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç ним килĕшмесĕр çирĕппĕн кĕрешме вĕрентсе ÿстермелле» (Г. М. Маленков).

Сталинăн вилĕмсĕр çутă ячĕ совет çыннисен чĕринче, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн чĕринче яланах пурăнĕ. Вăл пирĕн халăхăн тата пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен ырлăхĕпе телейĕшĕн аслă ĕçсем туса мухтава тухни ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ!

## Ĕççынни депутачĕсен Мускав область Совечĕпе Мускав хула Советĕнчен

Ĕççынни депутачĕсен Мускав область Совечĕпе Мускав хула Совечĕ, Мускав хулипе Мускав облаçĕнчи мĕнпур ĕççыннисем Ленин ĕçне генилле малалла туса пыракан, Коммунистсен партийĕн, совет халăхĕн тата прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм чун-чĕререн хурланаççĕ.

Мускав хулипе Мускав облаçĕнчи ĕççыннисем Сталин юлташ аслă ертсе пынипе тата вăл тĕнчери социализмлă пĕрремĕш государствăн столицине аталантарассишĕн, ăна çĕнетсе лайăхлатассишĕн, халăх пурлăхĕпе культурине ÿстерессишĕн тăван атте пек тăрăшнине кулленхи пурнăçра яланах туйса тăчĕç.

Мускав хулинчи тата Мускав облаçĕнчи ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата Правительство тавра тата тачăрах пĕтĕçĕç, хамăр çĕршывра коммунизм тăвассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешĕç.

Ĕççынни депутачĕсен
Мускав область Совечĕ.
Ĕççынни депутачĕсен
Мускав хула Совечĕ.

## *Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне*

Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Украина ССР Министрĕсен Совечĕ тата Верховнăй Совет Президиумĕ ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки партипе тата совет халăхĕпе пĕрле Украина халăхĕ чун-чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен хăватлă тата никам çĕнтерейми партине туса çитĕнтернĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршывра тĕнчери пĕрремĕш социализмлă государство тĕрекленсе пынă, ССР Союзĕнчи халăхсен никам çĕнтерейми туслăхĕпе тăванлăхĕ пулса тăнă.

Хăватлă Совет Союзĕн уйрăлми пайĕ пулса тăракан Совет Украини хăйĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсене тата çитĕнĕвĕсене Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Сталин юлташ ертсе пынипе тунă.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Советлă Социализмлă Украина государствине тунă. Сталинла пилĕкçуллăхсене пурнăçласа, Совет Украини чечекленсе аталаннă индустриллĕ-колхозлă республика пулса тăчĕ. Пĕтĕм Украина çĕрĕсене пĕрлештерес тесе Украина халăхĕ ĕмĕртенпе ĕмĕтленни пурнăçа кĕчĕ. Пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсемпе пĕрле Украина халăхĕ коммунизм строительствин çĕнĕ çĕнтерĕвĕсем патне пырать.

Çак хурлăхлă кунсенче Совет Украининчи коммунистсем, мĕнпур ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен Аслă партине вĕçĕ-хĕррисĕр ĕненсе тăнине тата хĕрÿллĕн юратнине пĕлтереççĕ, хăйсен речĕсене унăн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтереççĕ. Ленин—Сталинăн çĕнтерÿллĕ идейисемпе хĕçпăшалланнă пирĕн халăх пĕрлĕхе çирĕплетсе, çирĕп хăватлă пулса политикăллă сыхăлăха ÿстерсе тата тăшмансемпе ним хĕрхенмесĕр кĕрешес ĕçе вăйлатса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе шанчăклăн малалла коммунизм патне пырать.

Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Украина ССР Министрĕсен Совечĕ тата Верховнăй Совет Президиумĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне, Совет Правительствине çапла шантарса калаççĕ: Совет Украининчи рабочисем, колхозниксем, интеллигенци Сталин генилле кăтартса панисене пурнăçлама хăйсен вăйĕсене тата пултарулăха ик-виçĕ хут ÿстерсе хастарлăн ĕçлĕç.

Иосиф Виссарионович Сталинăн, пирĕн аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕрĕн, тăван аттемĕрпе тусăмăрăн аслă тата хаклă сăнарĕ коммунизм туса çитерме хăватлă совет халăхне малалла çĕнтерÿллĕн кайса пыма малашне те çул кăтартса пырĕ.

**УКРАИНАРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
УКРАИНА ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
УКРАИНА ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Ленин соратникĕ тата унăн ĕçне генилле малалла туса пыраканĕ, социализмлă революцин аслă стратегĕ, Совет государствин руководителĕ, Коммунистсен партийĕн тата совет халăхĕн аслă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вăхăтсăр вилнĕ пирки Белоруссири Коммунистсен партийĕ, Белорусси халăхĕ çав тери хурланса куляннаççĕ.

Аслă Сталинăн пĕтĕм пурнăçĕпе ĕçĕ Ленин ĕçĕпе, Коммунистсен партийĕн тата Совет государствин историйĕпе, пĕтĕм тĕнчери рабочи движенийĕпе тата колонири халăхсен империализм чуралăхне хирĕç, наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕпе, прогрессивлă мĕнпур этемлĕхĕн нумай вăхăта пыракан çирĕп миршĕн тата халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕпе уйрăлми çыхăннă.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Коммунистсен хăватлă партине туса çитĕнтернĕ, ăна вĕрентсе пиçĕхтернĕ, Октябрьти Социализмлă Аслă Революцие хатĕрленĕ тата организациленĕ, тĕнчери пĕрремĕш Совет государствине тунă.

Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне малалла туса пырса, Сталин юлташ совет халăхне пирĕн çĕршывăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерĕвĕ патне, социализм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ. Пирĕн саманари аслă полководец Сталин юлташ ăслă тата питĕ çирĕп ертсе пынипе паттăр совет халăхĕ пирĕн Тăван çĕршыв ирĕклĕхне, чысне тата никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварчĕ, иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашизма çĕнтерчĕ.

Сталин юлташ партие тата пĕтĕм халăха ССР Союзĕнче коммунизм тумалли аслă та уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ.

Коммунизм ĕçне чун-чĕререн парăнса, уншăн хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă Сталин юлташ вилни Совет Белоруссинчи рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен, мĕнпур ĕççыннисен чĕрисене питĕ хытă ыраттарчĕ. Сталин юлташăн вилĕмсĕр ячĕ Белорусси халăхĕн чĕринче ĕмĕр-ĕмĕр пурăнĕ.

Ленинпа пĕрле Сталин юлташ Советлă Белорусси государственноçне тунă, Белорусси халăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр атте пек тăрăшнă. Совет халăхĕсен тăванла çемйинче Белорусси халăхĕ политика, хуçалăх тата культура тĕлĕшĕнчен питĕ вăйлăн аталанса чечекленчĕ.

Хăйĕн пĕтĕм çитĕнĕвĕсемшĕн, хăй ирĕклĕ тата никама пăхăнмасăр пурăннишĕн, пирĕн аслă Тăван çĕршыври ытти мĕнпур халăхсем пекех, Белорусси халăхĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине, вилĕмсĕр Сталина тав тума тивĕçлĕ.

Хăйĕн тăван ашшĕне, учителĕпе тусне Белорусси халăхĕ яланах вĕçĕ-хĕррисĕр тав туса пурăнĕ.

Аслă Сталин хушса хăварнисене асра тытса, Белорусси халăхĕ халăхсен сталинла туслăхне таса тытса тăрĕ, Совет государствин оборона хăватне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пырĕ, политикăллă сыхăлăха пĕрмай ÿстерсе пырĕ, Ленин—Сталин партийĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕ, хăйĕн пĕтĕм вăйне тата творчествăллă хастарлăха пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе пурнăçлама парĕ.

**БЕЛОРУССИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
БЕЛОРУС ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
БЕЛОРУС ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Киргиз Советлă Социализмлă Республикăри Коммунистсен партийĕ тата мĕнпур ĕççыннисем аслă çулпуçăмăр, ĕççыннисен ашшĕ тата учителĕ, Ленинăн вилĕмсĕр ĕçне генилле малалла туса пыракан, хаклă Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки хăйсем пĕтĕм чун-чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Киргиз халăхĕ наци пулса çĕнĕрен ура çине тăни, хăйĕн государственноçне туса хуни, унăн экономикипе культури нихçанхинчен ытла чечекленни Сталин юлташăн ячĕпе тачă çыхăнса тăраççĕ. Çак хурлăхлă кунсенче Киргиз Советлă Социализмлă Республикинчи рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци хăйсен пĕтĕм вăйне, хăйсен пĕтĕм хастарлăхне коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçе пама тупа тăваççĕ.

Киргизири Коммунистсен партийĕ тата республикăри мĕнпур ĕççыннисем хăйсен речĕсене Партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçтерĕç.

**КИРГИЗИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
КИРГИЗ ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
КИРГИЗ ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Казахстанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Казах ССР Министрĕсен Совечĕпе Верховнăй Совет Президиумĕ, республикăри мĕнпур ĕççыннисемпе пĕрле, пирĕн партипе совет халăхĕшĕн питех те йывăр çухату пулнă пирки — СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Совет Союзĕпе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен генилле çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕшĕн чун-чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Сталин юлташ ячĕ Казахстан ĕçченĕсемшĕн, пирĕн çĕршыври ытти мĕнпур халăхсемшĕн пекех, ирĕклĕ пурнăç, пархатарлă ĕç, творчествăллă хастарлăхпа çĕнтерÿсен символĕ пулса тăчĕ. Коммунистсен партийĕпе Сталин юлташ куллен пулăшнипе Казахстан Совет влаçĕ пулнăранпа социализм çĕршывĕн чечекленекен республики пулса тăчĕ.

Çак йывăр кунсенче, пирĕн парти, совет халăхĕ, малта пыракан пĕтĕм этемлĕх пирĕн атте, учитель тата çулпуç И. В. Сталин вилнĕшĕн хурланнă вăхăтра, Казахстанри ĕççыннисем хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçтерме, пĕрлĕхлĕ те пĕтĕçÿллĕ пулма, çирĕп ăс-хакăллă тата сыхăлăхлă пулма, пĕтĕм вăй-хăвата хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе пама тупа тăваççĕ.

**КАЗАХСТАНРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
КАЗАХ ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
КАЗАХ ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Таджикистанри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Министрсен Совечĕ, Таджик ССР Верховнăй Совет Президиумĕ, пĕтĕм таджик халăхĕ ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки питĕ хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

Коммунистсен партийĕ, Совет Правительстви тата Сталин юлташ куллен пулăшнипе тата тăрăшнипе Советлă Социализмлă Таджик Республики Совет Союзĕнчи малта пыракан республика пулса тăчĕ.

Çак хурлăхлă кунсенче Таджикистанри коммунистсем, республикăри мĕнпур ĕççыннисемпе пĕрле, хăйсен речĕсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçтереççĕ. Таджикистанри коммунистсем парти пĕрлĕхне куç шăрçине сыхланă пек сыхласа усрама пулаççĕ, ĕççыннисемпе çыхăну тытассине тата ытларах çирĕплетеççĕ, мĕншĕн тесен пирĕн партин вăйĕ тата никам çĕнтерейменлĕхĕ çакăнта пулать.

Таджик халăхĕ, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем пекех, хăйĕн тăванла Коммунистсен партине чĕререн ĕненсе тăрать тата вĕçĕ-хĕррисĕр юратать, пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе хăйĕн пĕтĕм вăйне пама пулать.

**ТАДЖИКИСТАНРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
ТАДЖИК ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
ТАДЖИК ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Латви ССР-ĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Министрсен Совечĕ, Верховнăй Совет Президиумĕ тата Советлă Латвири мĕнпур ĕççыннисем совет халăхĕн тата малта пыракан пĕтĕм этемлĕхĕн аслă çулпуçĕ тата учителĕ, латыш халăхĕн çывăх тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлтернĕ хыпара çав тери хурланса йышăнчĕç.

Сталин юлташ ячĕпе латыш халăхĕн ирĕклĕхĕ, никама пăхăнманлăхĕ тата телейĕ çыхăнса тăрать. Коммунистсен партийĕ иксĕлми вăйпа вĕресе тăракан патриотизм, халăхсем хушшинчи никам çĕмĕрейми туслăх майлă воспитани панă латыш халăхĕ партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçет, политикăллă сыхăлăха тата тăшмансене хирĕç кĕрешес ĕçри çирĕплĕхе ÿстерет.

Латвири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Латви ССР Министрĕсен Совечĕпе Верховнăй Совет Президиумĕ латыш халăхĕн ячĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне çапла шантарса калаççĕ: республикăри ĕççыннисем социализмлă Тăван çĕршывăн хăватне çирĕплетме хăйсен мĕнпур вăйне парĕç, Ленинпа Сталин хушса хăварнă аслă ĕçсене пурнăçлассишĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн ырми-канми кĕрешĕç.

**ЛАТВИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
ЛАТВИ ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
ЛАТВИ ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне ССР Союзĕн Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Молдаван ССР-ĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Министрĕсен Совечĕ, Верховнăй Совет Президиумĕ, Молдаври мĕнпур ĕççыннисем юратнă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлнĕ хыççăн пĕтĕм чун-чĕререн хурланаççĕ.

Сталин юлташăн ячĕ молдаван халăхĕшĕн питех те хаклă. Коммунистсен партийĕ, Сталин юлташ молдаван халăхĕн кун-çулĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнипе Молдаври ĕççыннисем ĕмĕрхи пусмăртан хăтăлчĕç, вĕсем совет халăхĕсен тăванла çемйинче коммунизм çулĕпе çирĕппĕн малалла пыраççĕ.

Молдаври Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, Молдаван ССР Министрĕсен Совечĕ тата Верховнăй Совет Президиумĕ çапла калаççĕ: Советлă Молдаври ĕççыннисем хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра, тăван Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерĕç, хăйсен мĕнпур вăйĕсене коммунизм тăвас ĕçĕн сталинла программине пурнăçлама парĕç.

**МОЛДАВИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙЕН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧЕ.
МОЛДАВАН ССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ.
МОЛДАВАН ССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМЕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Сталино облаçĕнчи коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисем пирĕн парти тата пĕтĕм совет халăхĕ умне питĕ пысăк хурлăх тухса тăнăшăн—Ленин соратникĕ тата унăн ĕçне генилле малалла туса пыраканĕ, коммунизм тăвассишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçленĕ пирĕн аслă учителĕмĕр тата çулпуçăмăр Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайнăшăн чун-чĕререн хурланаççĕ.

Сталино облаçĕнчи парторганизацири коммунистсем тата обласри мĕнпур ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçеççĕ, сыхă пулаççĕ, хамăр çĕршывра коммунизм тăвассишĕн хăватлăрах кĕрешме тытăнаççĕ.

Ленинпа Сталин тунă коммунистсен партийĕн аслă ĕçне, Иосиф Виссарионович Сталин генилле кăтартса панисене пурнăçласа пыма хамăрăн пĕтĕм вăй-хала, хастарлăха пама тупа тăватпăр.

Украинăри Коммунистсен партийĕн
Сталино облаçĕнчи комитечĕ.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

### Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ССР Союзӗн Министрӗсен Советне СССР Верховнӑй Совет Президиумне

Туркменистанри Коммунистсен Партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Туркмен ССР Министрӗсен Совечӗ тата Туркмен ССР Верховнӑй Совет Президиумӗ Советлӑ Туркменистанри мӗнпур ӗҫҫыннисемпе пӗрле хамӑрӑн Коммунистсен партийӗпе пӗтӗм совет халӑхӗшӗн йывӑр ҫухату пулнӑ пирки—Ленин соратникӗ тата унӑн ӗҫне гениллӗ малалла туса пыракан, Коммунистсен партийӗпе совет халӑхӗн аслӑ ҫулпуҫӗпе учителӗ, тӑван атте тата тус, пирӗн аслӑ Тӑван ҫӗршыври мӗнпур ӗҫҫыннисем хӗрӳллӗ юратакан Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки пӗтӗм чун-чӗререн хурланаҫҫӗ.

Иосиф Виссарионович Сталинӑн ячӗ Туркменистанри мӗнпур ӗҫҫыннисемшӗн калама ҫук хаклӑ. Туркмен халӑхӗн телейлӗ те савӑнӑҫлӑ пурнӑҫӗ Сталин юлташ ячӗпе тачӑ ҫыхӑнса тӑрать.

Партишӗн тата пӗтӗм совет халӑхӗшӗн йывӑр кунсенче Туркменистанри рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци—мӗнпур ӗҫҫыннисем Ленинпа Сталинӑн аслӑ ӗҫне яланах чунтан-чӗререн парӑнса тӑма, хӑйсен пӗтӗм вӑйне, хӑйсен пӗтӗм хастарлӑхне хамӑр ҫӗршывра коммунизм тӑвас ӗҫӗн питӗ чаплӑ та пысӑк программине пурнӑҫлама парӑпӑр тесе тупа тӑваҫҫӗ.

ТУРКМЕНИСТАНРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН ЦЕНТРАЛЬНӐЙ КОМИТЕЧӖ.
ТУРКМЕН ССР МИНИСТРӖСЕН СОВЕЧӖ.
ТУРКМЕН ССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМӖ.

### Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ССР Союзӗн Министрӗсен Советне СССР Верховнӑй Совет Президиумне

Литва ССР Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Министрсен Совечӗ тата Верховнӑй Совет Президиумӗ, Литвари мӗнпур ӗҫҫыннисем Ленин соратникӗ тата унӑн ӗҫӗсене гениллӗ малалла туса пыракан, совет халӑхӗн аслӑ ҫулпуҫӗ тата учителӗ, ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки пӗтӗм чун-чӗререн хурланаҫҫӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ, Сталин юлташ аслӑ ертсе пынипе Литва халӑхӗ ирӗклӗх тата никама пӑхӑнманлӑх илчӗ, телейлӗ пурнӑҫпа пурӑнма пуҫларӗ. Литва империализмла государствӑсен ҫурма колонийӗ пулнӑ пулсан, вырӑс халӑхӗ тӑванла пулӑшнипе индустриллӗ-колхозлӑ, малалла чечекленсе пыракан Совет республики пулса тӑчӗ.

Литвари Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Литва ССР Министрӗсен Совечӗ тата Верховнӑй Совет Президиумӗ ҫапла калаҫҫӗ: республикӑри ӗҫҫыннисем партин пӗрлӗхне куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхлӗҫ, пирӗн ҫӗршыври халӑхсен сталинла ҫирӗп туслӑхне тӗреклӗтсе пырӗҫ, коммунизмлӑ общество тӑвассишӗн кӗрешес ӗҫри хастарлӑха тата ытларах ӳстерӗҫ.

ЛИТВАРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН ЦЕНТРАЛЬНӐЙ КОМИТЕЧӖ.
ЛИТВА ССР МИНИСТРӖСЕН СОВЕЧӖ.
ЛИТВА ССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМӖ.

### Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ССР Союзӗн Министрӗсен Советне СССР Верховнӑй Совет Президиумне

Эстони ССР-ӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Министрсен Совечӗ тата Верховнӑй Совет Президиумӗ, Советлӑ Эстонири мӗнпур ӗҫҫыннисем ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ тата Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен пӗлтернӗ хыпара илнӗ хыҫҫӑн чун-чӗререн хурланаҫҫӗ.

Юратнӑ тата тӑван ҫулпуҫӑмӑра, вӗҫӗ-хӗррисӗр ҫывӑх Сталина Советлӑ Эстонири ӗҫҫыннисем хӑйсен чӗрисенче ӗмӗр-ӗмӗрех асра тытӗҫ. Сталин юлташ, Коммунистсен аслӑ партийӗ Эстони халӑхне ирӗклӗх, никама пӑхӑнманлӑх, телейлӗ пурнӑҫ панӑ.

Хамӑрӑн республикӑри мӗнпур ӗҫҫыннисен ячӗпе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне тата Совет Правительствине ҫапла шантарса калатпӑр: Эстони халӑхӗ пӗрлӗхлӗ тата пӗтӗҫӳллӗ, ҫирӗп чун-хавallӑ тата сыхӑлӑхлӑ пулӗ, пӗтӗм вӑя коммунизм тӑвас аслӑ ӗҫе парӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ертсе пынипе пирӗн Тӑван ҫӗршыври ӗҫҫыннисем Ленинпа Сталин кӑтартса панӑ ҫулпа малалла тачӑ пӗтӗҫсе, ҫирӗп утса пырӗҫ.

ЭСТОНИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН ЦЕНТРАЛЬНӐЙ КОМИТЕЧӖ.
ЭСТОНИ ССР МИНИСТРӖСЕН СОВЕЧӖ.
ЭСТОНИ ССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМӖ.

### Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ССР Союзӗн Министрӗсен Советне СССР Верховнӑй Совет Президиумне

Узбекистанри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, Узбек ССР Министрӗсен Совечӗ тата Верховнӑй Совет Президиумӗ, Узбекистанри ӗҫҫыннисем ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ тата Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ, Ленинӑн шанчӑклӑ соратникӗ, унӑн вилӗмсӗр ӗҫне гениллӗ малалла туса пыраканӗ — Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗшӗн ҫав тери хурланаҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗ, Сталин юлташ пирӗн ҫӗршыври халӑхсене социализм ҫӗнтерӗвӗ патне илсе ҫитерчӗҫ, совет халӑхне ССР Союзӗнче коммунизм тумалли аслӑ программӑпа хӗҫпӑшаллантарчӗҫ. Ӗлӗк кая юлнӑ узбек халӑхӗ Коммунистсен партийӗ, Сталин юлташ тӑрӑшнипе кӑна социализмлӑ культурӑна чечеклентерсе аталантарма, экономикӑна хӑватлӑн вӑйлатма пултарчӗ.

Центральнӑй Комитет, Узбек ССР Министрӗсен Совечӗ тата Верховнӑй Совет Президиумӗ Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне тата Совет Правительствине ҫапла шантарса калаҫҫӗ: Узбекистанри коммунистсемпе мӗнпур ӗҫҫыннисем хӑйсен ретне КПСС Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата та тачӑрах пӗтӗҫтерӗҫ, хӑйсен пӗтӗм вӑйне пирӗн ҫӗршывра коммунизм обществи туса ҫитерес аслӑ ӗҫе парӗҫ.

УЗБЕКИСТАНРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН ЦЕНТРАЛЬНӐЙ КОМИТЕЧӖ.
УЗБЕК ССР МИНИСТРӖСЕН СОВЕЧӖ.
УЗБЕК ССР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМӖ.

### Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ССР Союзӗн Министрӗсен Советне СССР Верховнӑй Совет Президиумне

Сталинград облаҫӗнчи парторганизаци тата Сталинград облаҫӗнчи мӗнпур ӗҫҫыннисем пирӗн партишӗн, пӗтӗм совет халӑхӗшӗн питӗ пысӑк хурлӑх пулни—пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен аслӑ ҫулпуҫӗ, Ленинӑн соратникӗ тата унӑн ӗҫӗсене малалла туса пыракан, хамӑр хӗрӳллӗ юратакан Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен пӗлтерекен хыпара питӗ хурланса кӗтсе илчӗҫ.

Питӗ хытӑ хурланса, хӑйсен кӗрешӳ [illegible] ҫулпуҫ тупӑкӗ ҫине тайса, Сталинград ҫыннисем ҫулпуҫӑн аслӑ ӗҫне, унӑн аслӑ халалӗсене ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пыма тупа тӑваҫҫӗ. Сталинград хулинчи тата Сталинград облаҫӗнчи ӗҫҫыннисем халӑх хуҫалӑхне аталантармалли пиллӗкҫуллӑх плана [illegible] сталинла аслӑ плана пурнӑҫлама тата коммунизмӑн аслӑ стройкинӗ—Сталинград гидроэлектростанцине тума пӗтӗм вӑя хурса тӑрӑшӗҫ.

Сталинград облаҫӗнчи парторганизаци тата облаҫри мӗнпур ӗҫҫыннисем Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫӗҫ, революциллӗ сыхӑлӑха ӳстерсе, шалтипе тулашри тӑшмансене хирӗҫ [illegible] кӗрешессине вӑйлатса пырӗҫ, хамӑр ҫӗршывра коммунизм тумалли сталинла программӑна пурнӑҫлассишӗн кӗрешес ӗҫре хӑйсен тимлӗхӗпе хастарлӑхне нумай хут ӳстерӗҫ.

СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН СТАЛИНГРАД ОБЛАСТЬ КОМИТЕЧӖ.
ӖҪҪЫННИ ДЕПУТАЧӖСЕН СТАЛИНГРАД ОБЛАСТЬ СОВЕЧӖН ИСПОЛКОМӖ.

## Ҫулпуҫ хушса хӑварнисене пурнӑҫа кӗртӗпӗр

СТАЛИНГРАД, мартӑн 9-мӗшӗ. (ТАСС). Сталин юлташӑн бронзӑран тунӑ скульптурине вырнаҫтарса лартнӑ постамента хӗрлӗ тата хура хӑмачпа тыттарнӑ. Кӑнтӑрла 12 сехет тӗлне сталинградри вунӑ шар пин ҫын аслӑ ҫулпуҫӑмӑрпа учителӗмӗре юлашки хут чыс тума пухӑннӑ. Монумент патне промышленность предприятийӗсен, стройкӑсен, учрежденисен нумай йышлӑ делегацийӗсем вӗҫӗмсӗр пырса тӑраҫҫӗ, чечек кӑшӑлӗсем хураҫҫӗ.

Вӑрҫӑра ҫапӑҫса вилнӗ борецсен площадне тата унпа юнашар урамсене халӑх тулнӑ. Сталинградра пурӑнакансем Мускаври хурлӑхлӑ митингра СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ Г. М. Маленков юлташ, СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗн пӗрремӗш заместителӗсем Л. П. Берия юлташпа В. М. Молотов юлташ каланӑ сӑмахсене тимлӗн итлеҫҫӗ.

Пӗтӗм ҫӗршывпа пӗрле герой-хулари—Сталинградри ӗҫҫыннисем хӑйсен речӗсене Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ тавра тата тачӑрах пӗтӗҫтерме, юратнӑ ҫулпуҫ хушса хӑварнисене пурнӑҫлама, хамӑр ҫӗршывра социализм тӑвас ӗҫе пӗтӗм вӑй-хӑвата парса ӗҫлеме тупа тӑваҫҫӗ.

... Артиллери салючӗн хӑватлӑ залпӗсем кӗрлесе каяҫҫӗ. Ҫак минутсенче кашни совет патриочӗ хӑй Ленин—Сталин партийӗпе чӗререн ҫыхӑнса тӑнине тата тепӗр хут хыттӑн туйса илчӗ.

## *Сталин ҫулӗпе—малалла, коммунизм ҫӗнтерӗвӗ патне!*

КИШИНЕВ, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Молдаври хуласемпе ялсенче траур. Республикӑри заводсенче, фабрикӑсенче, колхозсенче, МТС-сенче, шкулсенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ.

Тирасполь комбинатӗнче ӗҫлекенсен коллективӗн митингӗнче стахановец П. Смирный ҫапла каланӑ:

— Иосиф Виссарионович тупӑкӗ умӗнче эпир революциллӗ сыхӑлӑха вӑйлатма, Совет влаҫӗ кӗрешсе илнисене сыхласа тӑма тупа тӑватпӑр.

Котовски районӗнчи Бардар МТС-ӗнчи механизаторсен митингӗнче тимӗрҫӗ Ф. И. Богдан тухса каланӑ.

— Сталин юлташ пире телей пачӗ, —тенӗ вӑл,—пире, ӗлӗк тӗттӗм пулнӑ молдавансене, хамӑрӑн пурнӑҫӑн ирӗклӗ хуҫисем туса хучӗ. Эпир хамӑрӑн мӗнпур вӑя коммунизм обществи тума паратпӑр. Коммунизм патне пымалли ҫула пире хамӑрӑн аслӑ та ӑслӑ ҫулпуҫӑмӑр Иосиф Виссарионович Сталин кӑтартса пачӗ.

СССР Наукӑсен Академийӗн Молдаври филиалӗн коллективӗн митингӗнче истори наукисен кандидачӗ Я. С. Гросул калани пурне те хумхантарнӑ:

— Эпир аслӑран та аслӑ мыслителе, ученӑйпа аслӑ революционера ҫухатрӑмӑр. Вӑл хӑйӗн пӗтӗм пурнӑҫӗнче кивӗ тӗнче вӑйӗсене хирӗҫ, мӗнпур ӗҫҫыннисене телейлӗ пурнӑҫ туса парассишӗн кӗрешнӗ. Сталин юлташ Молдави халӑхӗн чи лайӑх тусӗ, ӑна телей туса панӑ ҫын. Пирӗн умма пысӑк хурлӑх килсе тухнӑ ҫак йывӑр кунсенче Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫер, парти речӗсен пӗрлӗхне, Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсен пӗрлӗхӗпе пӗтӗҫӳлӗхне куҫ шӑрҫине сыхланӑ пек сыхлар.

КИШИНЕВ, мартӑн 9-мӗшӗ. (ТАСС). Молдави ӗҫҫыннисем пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле халӑхсен хаклӑ ҫулпуҫӗпе учительне, ашшӗпе тусне юлашки ҫула ӑсатрӗҫ.

Кишинев хулинчи ӗҫҫыннисен представителӗсем И. В. Сталин монуменчӗ патне вӗҫӗ-хӗррисӗр пырса тӑраҫҫӗ. Вӗсем Коммунистсен партийӗ тӑрӑшнипе ҫӗнӗрен ҫуралса тӑнӑ хула урамӗсем тӑрӑх, чаплӑ Ҫӗнтерӳ хапхи умӗнчен иртсе пыраҫҫӗ. Ҫӗнтерӳ алӑкӗн колоннисем ҫине ылтӑн саспаллисемпе Молдави столицине нимӗҫсен фашистла захватчикӗсенчӗн хӑтарнӑ ҫарсене Верховнӑй Главнокомандующи И. В. Сталин панӑ приказри сӑмахсене ҫырса хунӑ.

И. В. Сталин монуменчӗ умне ӗҫҫыннисем ҫӗршер чечек кӑшӑлӗсем хураҫҫӗ. Монумент умӗнчи сквер чечек кӑшӑлӗсемпе тулса ларать. Хӗрлӗ лентӑсем ҫине ҫулпуҫ совет халӑхне, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисене туса панӑ мӗнпур ӗҫсемшӗн чӗререн тав туса каланӑ сӑмахсене ҫырнӑ.

12 сехет. Сывлӑшпа артиллери залпӗсем кисрентереҫҫӗ. Фабрикӑсем, заводсем, пӑравуссем хурлӑхлӑн кӑшкӑртма тытӑнаҫҫӗ. Станоксем ӗҫлеме чарӑнаҫҫӗ. Конвейерсем шӑп пулаҫҫӗ. Ҫак минутсенче кашни ҫын чӗри пысӑк ҫухату пулнӑ пирки тата ытларах ыратать.

Ҫӗршер ҫын тупа туса сӑмах калать:

— Сталин юлташӑн ӗҫӗ вилӗмсӗр. Коммунистсен аслӑ партийӗ пире Сталин ҫулӗпе—малалла, коммунизм ҫӗнтерӗвӗ патне илсе каять! Хамӑр ретсене пирӗн партин Центральнӑй Комитечӗ тавра, Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫтерер!

## Сталин ӗҫӗ вилӗмсӗр

АЛМА-АТА, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Мӗнпур ӗҫҫыннисен юратнӑ ҫулпуҫӗпе учителӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилни ҫинчен пӗлтерекен хыпар Казахстан ӗҫҫыннисене чӗререн хурлантарать. Казахстан столицинче траур.

Йывӑр машиностроенин Алма-Атари заводӗнче ӗҫлекен пиншер рабочисем, инженерсем, техниксем, служащисем хурлӑхлӑ митинга пухӑннӑ. Цех начальникӗн заместителӗ коммунист Сулейманов сӑмах илет. Вӑл ҫапла калать:

— Пирӗн чи хаклӑ, пирӗн чи ҫывӑх ҫын, хӑйӗн пӗтӗм пурнӑҫне коммунизмӑн аслӑ ӗҫне панӑ Сталин юлташ вилчӗ. Йывӑр ҫухату совет ҫыннисен ирӗкне хуҫма пултараймасть. Сталин ӗҫӗ вилӗмсӗр! Алма-Атари машиностроительсем, пӗтӗм совет халӑхӗ пекех, Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫеҫҫӗ. Вӗсем пиллӗкмӗш сталинла пиллӗк ҫуллӑх плана тултарассишӗн вӑя шеллемесӗр кӗрешӗҫ.

Коммунизм строительствин аслӑ ӗҫне хӑйсен пӗтӗм вӑйӗпе творчествӑллӑ хӑватне пама хатӗр тӑни ҫинчен литейщик И. Бабин, конструктор В. Колесов, токарь А. Петрова, инженер Ю. Малахов, завод директорӗ М. Исалиев каланӑ.

Ӗнер Алма-Атари машиностроительсем, хӑйсем панӑ сӑмаха пурнӑҫласа, питӗ тӑрӑшса ӗҫленӗ. Кашни икӗ рабочирен пӗри икӗ норма тултарнӑ.

Алма-Ата облаҫӗнчи колхозниксем хурлӑхлӑ митингсенче КПСС Центральнӑй Комитетне, ССР Союзӗн Министрӗсен Советне тата СССР Верховнӑй Совет Президиумне ҫырусем яма йышӑнаҫҫӗ. Ҫырусенче вӗсем пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн экономикӑллӑ хӑватне малашне тата ытларах тӗреклетессишӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме сӑмах параҫҫӗ.

Хурлӑхлӑ митингсем Караганда шахтисенче, Эмба нефтепромыслисенче, Усть-Каменогорск ГЭС строительствинче пулса иртнӗ. Усть-Каменогорск ГЭС-не Иосиф Виссарионович Сталин кӑтартса панипе тӑваҫҫӗ. Митингсем Темир-Тау металлургӗсем патӗнче, Кзыл-Орда ҫывӑхӗнче пӗве тунӑ ҫӗрте ӗҫлекенсем патӗнче, Арал тинӗсӗнче пулӑ тытакансем патӗнче тата Казахстанри мӗнпур хуласемпе ялсенче пулса иртнӗ. Республикӑри ӗҫҫыннисем вилӗмсӗр Сталин хушса хӑварнӑ ӗҫсене пурнӑҫлассишӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме пулса тупа тӑваҫҫӗ.

## Тачӑрах пӗтӗҫер!

БАКУ, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Хулари промышленность предприятисенче, аслӑ шкулсемпе учрежденисенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ.

Сталински районӗнчи улттӑмӗш промыслари нефть кӑларакансен митингӗнче Сталинла преми лауреачӗ Мирза Бедирханов сӑмах тухса каланӑ:

— Аслӑ Сталин хӑйӗн пурнӑҫне пӗтӗмпех коммунизм ӗҫӗшӗн пачӗ,—тенӗ вӑл.—Сталин юлташ пурнӑҫӗ партин кашни членӗшӗн, кашни совет ҫыннишӗн ырӑ тӗслӗх пулса тӑрать. Азербайджан халӑхӗ туса пынӑ пархатарлӑ ӗҫсем Сталин юлташ ячӗпе ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ. Сталин юлташ Баку хулине большевизмӑн ҫирӗп крепоҫӗ туса хунӑ. Вӑл тӑрӑшнипе пирӗн нефть промышленноҫӗ хӑватлӑн ӳсрӗ. Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительстви чӗнсе каланине чӗре патне хывса, эпир ленинла-сталинла Центральнӑй Комитет тавра тата тачӑрах пӗтӗҫӗпӗр, кашни харпӑр хӑй вырӑнӗнче тата лайӑхрах ӗҫлӗпӗр.

Орджоникидзе, Кировски тата ытти нефть кӑларакан районсенчи промыслӑсенче те хурлӑхлӑ митингсем пулса иртнӗ.

Азербайджанри ӗҫҫыннисем митингсенче партипе халӑхӑн ҫирӗп пӗрлӗхне, рабочисем, колхозниксем, интеллигенци Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви ертсе пынипе Сталин кӑтартса панӑ ҫулпа малалла—коммунизм патне ҫирӗп утӑмпа утма хатӗр тӑнине кӑтартса параҫҫӗ.

## Грузи халӑхӗ хурланать

ТБИЛИСИ, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Советлӑ Грузи столицинче — Тбилисире траур. Хулари предприятисемпе учрежденисенче тата шкулсенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ. Митингсенче тухса калакансем чӗре патӗнчен тухакан сӑмахсемпе хӑйсем хурланни ҫинчен, Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫме хатӗр пулни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

Тбилисири Сталин ячӗпе тӑракан пӑравуссемпе вагонсем юсакан завод. Кунта хурлӑхлӑ митинг завод килкартинче пулнӑ. Ҫак вырӑнта, Грузипе Кавказ леш енче революциллӗ кӗрешӳ пуҫланнӑ вӑхӑтра аслӑ Сталин пирӗн партин ленинла-искрӑлла революциллӗ организацийӗсен никӗсне хывас тӗлӗшпе ӗҫленине хисеплесе обелиск лартнӑ. Сталин ячӗпе тӑракан ватӑ предприятире ӗҫлекенсем пурте аслӑ ҫулпуҫӑн ятне чӗрере тытса пурӑнаҫҫӗ Предприяти историйӗ аслӑ ҫулпуҫӑн пурнӑҫӗпе тата революциллӗ ӗҫӗсемпе тачӑ ҫыхӑнса тӑрать.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ, ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ партин мӗнпур членӗсене, Совет Союзӗнчи мӗнпур ӗҫҫыннисене чӗнсе каланине заводри рабочисем тимлӗн итлеҫҫӗ.

Трибуна ҫинче—токарь Илья Чумбуридзе.

— Пирӗншӗн калама ҫук пысӑк хурлӑх пулчӗ,—тет вӑл.—Партипе халӑхӑн аслӑ ҫулпуҫӗпе учителӗн, коммунизм тӑвас ӗҫе ертсе пынӑ ҫыннӑн чӗри тапма чарӑнчӗ. Анчах Сталин пирӗн чӗресенче тата пирӗн ӗҫсенче, эпир коммунизмшӑн кӗрешсе тунӑ ҫӗнтерӳре ӗмӗрех пурӑнӗ. Сталин вилнӗ, анчах унӑн ӗҫӗ пурӑнать. Вӑл хушса хӑварнисене пурнӑҫлассишӗн эпир вӑя шеллемесӗр ӗҫлӗпӗр.

Трибуна ҫине котельщик Александр Кервалишвили тухать. Вӑл ҫапла калать:

— Эпир ҫак митинга хурлӑхлӑ кун пухӑнтӑмӑр. Аслӑ Сталин вилсе кайрӗ. Вӑл пирӗн хушӑмӑрта ҫук. Анчах аслӑ Сталин социализмшӑн кӗрешсе ҫирӗплетнӗ парти пирӗнпе пӗрле. Аслӑ Сталин ячӗ пирӗншӗн коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешсе ҫӗнтерӳсем туса пымалли ялав пулса тӑрать.

— Совет ҫамрӑкӗсене,—тесе калать заводри комсомол комитечӗн секретарӗ Сано Микадзе,—Сталин юлташ телейлӗ пурнӑҫ туса пачӗ. Аслӑ ҫулпуҫӑн ҫутӑ сӑнарне эпир яланах хамӑрӑн чӗресенче усрӑпӑр, ӑна асра тытса, партипе халӑхшӑн вӑя шеллемесӗр тӑрӑшса ӗҫлӗпӗр.

Тбилисири Киров ячӗпе тӑракан станоксем тӑвакан заводра та хурлӑхлӑ митинг пулнӑ. Грузири ҫак пысӑк предприяти сталинла пилӗкҫуллӑхсенче ӳсселарнӑ. Завод цехӗсенче коммунизмӑн аслӑ стройкисем валли оборудовани тата станоксем туса хатӗрлеҫҫӗ. Митингра Дмитрий Мартинов слесарь хумханса сӑмах каланӑ.

— Аслӑ Сталин ертсе пынипе пирӗн партипе совет халӑхӗ пӗтӗм тӗнче историйӗнче палӑрса тӑракан пысӑк ҫӗнтерӳ турӗҫ,—тенӗ вӑл.—Совет ҫыннисем яланах Ленин—Сталин партийӗ, гениллӗ аслӑ ҫулпуҫ ертсе пынипе ӗҫлесе пычӗҫ. Сталин вилнӗ, анчах унӑн идейисем пурӑнаҫҫӗ тата ҫӗнтерсе пыраҫҫӗ. Марксӑн — Энгельсӑн — Ленинӑн — Сталинӑн вилӗмсӗр вӗрентӗвӗпе хӗҫпӑшалланнӑ пирӗн халӑх, Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ертсе пынипе, аслӑ ҫулпуҫ кӑтартса панисене пӗтӗмпех пурнӑҫласа ҫитерӗ.

## Коммунизм стройкисем валли металл ытларах парар!

МАГНИТОГОРСК, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Сталинла Магниткӑра траур. Пур ҫӗрте те хурлӑхлӑ ялавсем. Заводсен корпусӗсем ҫинче совет халӑхӗн юратнӑ ҫулпуҫӗпе учителӗн Иосиф Виссарионович Сталинӑн портречӗсем.

Сталин ячӗпе тӑракан металлурги комбинатӗнчи пӗрремӗш мартен цехӗнчи хӗрлӗ кӗтесе хурлӑхлӑ митинга каҫхи сменӑри рабочисем, мастерсем, инженерсем пухӑннӑ.

— Тӑван Сталин вилнӗ,—тет сталевар Иван Семенов.—Ҫакӑн ҫинчен шухӑшлама та, калама та йывӑр. Анчах пирӗн ҫирӗп ӑс-хакӑллӑ пулмалла. Юратнӑ партипе унӑн ленинла-сталинла Центральнӑй Комитечӗ тавра, Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫер! Сталин кӑтартса хӑварнӑ аслӑ ӗҫсене пурнӑҫлама Тӑван ҫӗршыва металл ытларах парар!

Трибуна ҫинче — ҫамрӑк инженер Смирнов. Вӑл ҫапла калать:

— Пирӗн пурнӑҫри мӗнпур лайӑх ӗҫсем аслӑ Сталин ячӗпе ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ. Вӑл кӑтартса панипе пирӗн металлурги комбинатне тунӑ. Сталин юлташ ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшнипе эпир кӗске срокра лайӑх ӗҫлеме вӗрентӗмӗр. Пирӗн продукци ҫӗршыври ҫӗнӗ стройкӑсене вӗҫӗмсӗр кайса тӑрать. Эпир ленинла-сталинла Центральнӑй Комитета ҫапла шантарса калатпӑр: эпир, коммунистсем, партипе халӑх туса хунӑ пӗтӗм ырлӑха, шалти тата тулашри тӑшмансенчен ҫирӗппӗн сыхласа тӑрӑпӑр. Эпир сыхӑ пулӑпӑр.

Дмитриевпа Гречишкин сталеварсем, Лапаевпа Янбахтов мастерсем тата ыттисем те чӗререн тухакан сӑмахсемпе хӑйсем Коммунистсен партине юратнине, пирӗн ҫӗршывра коммунизм тӑвассишӗн вӑй-хӑвата ӳстерсе ӗҫлеме хатӗр тӑнине кӑтартса панӑ.

Митингра йышӑннӑ резолюцире сталеварсем Ленинпа Сталин хушса хӑварнисене вӗҫне ҫитиччен пурнӑҫа кӗртме, партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене пурнӑҫа кӗртессишӗн кӗрешме, планран иртерсе металл пама сӑмах панӑ.

Хурлӑхлӑ митингсем металлурги комбинатӗнчи ытти цехсемпе хулари ытти предприятисенче те пулса иртнӗ.

## Урал ҫыннисен сӑмахӗ

СВЕРДЛОВСК, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле Урал ҫыннисем те Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗшӗн чӗререн хурланаҫҫӗ.

Йывӑр машиностроенин Уралти заводӗнчи рабочисемпе служащисен хурлӑхлӑ митингӗнче ватӑ рабочи П. Антонов ҫапла каланӑ:

—Аслӑ ҫулпуҫӑмӑр пире мӗнпур йывӑрлӑха паттӑррӑн тӳссе иртерме, Коммунистсен партийӗн ӗҫӗшӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме вӗрентнӗ. Пирӗн ӑс-хакӑл ҫирӗп, эпир Сталин юлташ ӑслӑн кӑтартса панисене пурнӑҫа кӗртессишӗн хӑватлӑн кӗрешӗпӗр. Ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тума мӗн кирли пирӗн пурте пур. Сталин юлташ тӑрӑшнипе тунӑ тата вӑл тӑрӑшнипе малта пыракан техникӑпа хӗҫпӑшалланнӑ пирӗн гигант-завод коллективӗ Совет ҫӗршывӗн индустриллӗ хӑватне малалла тӗреклетессишӗн пӗтӗм вӑйне парса ӗҫлӗ. Эпир аслӑ стройкӑсем валли ҫӗнӗ хӑватлӑ машинӑсем парӑпӑр.

Уралмашзавод директорӗ Виноградов юлташ сӑмах илет. Вӑл ҫапла калать:

— Сталин ячӗ пирӗн Тӑван ҫӗршывӑн халӑхне ҫутӑ пурнӑҫпа ҫитес чаплӑ пурнӑҫӑн ялавӗ пулса тӑрать. Пирӗн умра пысӑк задачӑсем тӑраҫҫӗ. Ҫак задачӑсем партин XIX-мӗш съезчӗ пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсенчен тухса тӑраҫҫӗ. Вӗсене эпир, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, пурнӑҫа кӗртӗпӗр. Уралмашзавод коллективӗ хӑйӗн пӗтӗм вӑйне хамӑр ҫӗршывра коммунизм тӑвас ӗҫе парӗ.

Машиностроительсем Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне, ССР Союзӗн Министрӗсен Советне тата СССР Верховнӑй Совет Президиумне ҫыру яма йышӑннӑ.

Уралти пур заводсемпе фабрикӑсенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртнӗ.

## *Моряксем тупа тӑваҫҫӗ*

ВЛАДИВОСТОК, мартӑн 7-мӗшӗ. (ТАСС). Тӑван ҫӗртен инҫетре пулсан та паян моряк хӑйӗн чӗрипе Мускавра. Вӑл пӗтӗм ҫӗршывпа пӗрле пирӗн саманари аслӑран та аслӑ, хӑйӗн пӗтӗм пурнӑҫне партипе халӑха панӑ Иосиф Виссарионович Сталин тупӑкӗ умӗнче пуҫ таять. Ҫак кунсенче кашни моряк сталинла пурӑнма тата ӗҫлеме тупа тӑвать.

«Фрунзе» пӑрахут ҫинче ӗҫлекен моряксем Инҫет-Хӗвелтухӑҫ тинӗс пароходствин управленине янӑ радиограммӑра ҫапла каланӑ: «Аслӑ ҫулпуҫӑмӑрпа учителӗмӗр Иосиф Виссарионович Сталин пирӗнтен уйрӑлса кайрӗ. Унӑн хӑвачӗпе генийӗ совет ҫыннисене ӗҫре ҫӗнтерӳсем тума хавхалантарчӗ. Эпир хамӑрӑн ретсене мухтавлӑ Коммунистсен партийӗ тавра, пирӗн Тӑван Правительство тавра тата тачӑрах пӗтӗҫтерме тупа тӑватпӑр, хамӑрӑн Тӑван ҫӗршыва Сталин юлташ юратнӑ пек юратма тупа тӑватпӑр».

Бассейнри малта пыракан «Алмирал Сенявин» теплоход ҫинче хурлӑхлӑ митинг пулнӑ. Хӑйсен юлташӗсен шухӑшӗсемпе туйӑмӗсене Деев моторист ҫак сӑмахсемпе палӑртать:

— Хаклӑ та юратнӑ ҫулпуҫӑмӑр Сталин юлташ пирӗнтен уйрӑлса кайрӗ. Иосиф Виссарионович пуҫланӑ ӗҫе вӗҫне ҫитерме эпир хатӗр тӑратпӑр. Совет халӑхӗ хӑйӗн партийӗ, унӑн ленинла-сталинла Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫет, хӑйӗн пӗтӗм вӑйӗпе творчествӑллӑ пултарулӑхне пирӗн ҫӗршывра коммунизм тӑвас аслӑ ӗҫе парать.

Инҫетри ишсе ҫӳрекен судносем ҫинчен вӗҫӗмсӗр радиограммӑсем килсе тӑраҫҫӗ. Радиограммӑсене ҫивӗ Беринг тинӗсӗнчен те, ӑшӑ субтропиксенчен те — теплоходсемпе пӑрахутсен, ишсе ҫӳрекен холодильниксен, пулӑ тытакан траулерсен экипажӗсенчен килсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем моряксен хурлӑхӗ ҫинчен каланипе пӗрлех, Ленин—Сталин ялавне ҫӳлте тытма тупа туни ҫинчен калаҫҫӗ.

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН

## Пӗтӗм халӑхшӑн хурлӑхлӑ кунсем

Шупашкарти предприятисемпе учрежденисенче, шкулсенче пур ҫӗрте те виҫӗмкун хурлӑхлӑ митингсем пулса иртрӗҫ. Пур ҫӗрте те—урамсенче, площадьсенче, пурӑнмалли ҫуртсем ҫинче кашни сыншӑн хаклӑран та хаклӑ сулпуҫ, учитель тата юратнӑ тус Иосиф Виссарионович Сталин юлташӑн портречӗсем. Сталин пурне ҫине те ӑшӑ куҫӗсемпе пӑхать, кашнин чӗрине ӑшӑтать, чӗрӗ вӑй хушать.

Сталин — ҫак ят кашни ӗҫҫыннишӗн хӗвел ҫутти, хӗвел ӑшши, пурнӑҫ, телей. Ҫак ята, унӑн сӑнарне чӗрере тытса, совет ҫыннисем хаяр тӑшмана хирӗҫ хӑрушӑ ҫапӑҫӑва тухса ҫӗнтернӗ. Ҫак ята чӗрере тытса, пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисем социализм туса ҫитерчӗҫ, коммунизм патне пыраҫҫӗ. Вӗсем ҫутҫанталӑка ҫӗнетсе улӑштарса пушӑ хирсене чечеклентереҫҫӗ, вӑтӑ Атӑла пӗвелеҫҫӗ, пысӑк шывсене тепӗр май юхтараҫҫӗ. Сталин ятне, унӑн ялавне ҫӳлте тытса, тӗнчери прогрессивлӑ этемлӗх миршӗн, демократишӗн кӗрешет.

Акӑ ҫак хаклӑран та хаклӑ юратнӑ сын портретне халӗ хура хӑю тытса ҫавӑрнӑ. Портрет икӗ енӗпе траурлӑ ялавсем усӑнса тӑраҫҫӗ.

Тӑваттӑмӗш кун траур. Халӑх хӑйӗн юратнӑ ҫулпуҫӗ тата учителӗ И. В. Сталин вӑхӑтсӑр вилнӗшӗн чӗререн кулланать. Предприятисенче, учрежденисенче, институтсемпе шкулсенче пур ҫӗрте те аслӑ ҫулпуҫ портречӗ патӗнче хисеплӗ хурал тӑраҫҫӗ. Кунта пионерсем, Ленинла-Сталинла комсомол членӗсем, ватӑ коммунистсем, рабочисемпе служащисем хисеплӗ хурала тӑрса хӑйсене телейлӗ пурнӑҫ туса панӑ аслӑ ҫулпуҫа чысласҫӗ.

Яланах шавлӑ хула урамӗсем тӑваттӑмӗш кун шӑплӑхра. Кашни ҫыннӑн хулӗ ҫинче траур палли.

Иосиф Виссарионович Сталин юлташ вӑхӑтсӑр вилни кашни халӑхшӑн, кашни сыншӑн калас пама ҫук пысӑк хурлӑх. Ҫак йывӑр кунсене пирӗн республикӑри ӗҫҫыннисем, нумай миллионлӑ совет халӑхӗпе пӗрле, чӗререн хурланса ирттереҫҫӗ. Вӗсем, хӑйсен хурлӑхне палӑртса, Мускава партин Центральнӑй Комитетне хурлӑхлӑ телеграммӑсем яраҫҫӗ. Шупашкарти телеграф ҫак кунсенче «Москва ЦК КПСС» адреспа темиҫе пин телеграмма янӑ. Кашни коллектив, кашни ҫын Ленин—Сталин партийӗ хушнисене, Сталин кӑтартса хӑварнисене пурнӑҫлассишӗн ырми-канми кӗрешме хатӗр пулнине кӑтартса парать.

Радио тӑрӑх пӗр вӗҫӗмсӗр хурлӑхлӑ кӗвӗ параҫҫӗ. Мускав, Союзсен Ҫурчӗн Колоннӑллӑ залӗ. Кунта хаклӑ Иосиф Виссарионович Сталин юлташӑн тупӑкӗ...

Тупӑк патӗнчен вӗҫӗ-хӗррисӗр ҫынсем иртеҫҫӗ. Республикӑри ӗҫҫыннисем пӗтӗм шухӑш-кӑмӑлпа вӗсем хушшинче, пӗтӗм ҫӗршыври халӑхпа пӗрле...

Мартӑн 9-мӗшӗ. Хула ирех вӑранчӗ. Паян ҫӗршыв, совет халӑхӗ ҫулпуҫа пытарать. Йывӑр та хурлӑхлӑ сехетсем.

Кӑнтӑрла, Мускав вӑхӑчӗпе 11 сехет тӗлне учрежденисемпе предприятисенче ӗҫҫыннисем радиоприемниксем, репродукторсем умне пухӑнса тӑраҫҫӗ. Пурте шӑп, пурте хурлӑхлӑ. Ура ҫинче тӑрса Мускав сассине итлеҫҫӗ Чылайӑшӗн куҫӗсем шывланнӑ. Пысӑк хурлӑх чӑтӑмлӑ, вутпа ҫулӑм витӗр тухнӑ ҫынсен чӗрине те калама ҫук ыраттарать. Парти пурри, Ленин—Сталин вӗрентӗвӗсем пурнӑҫа кӗресси, вӗсене пурнӑҫлассишӗн кӗрешес ӗмӗт ҫеҫ вӗсене пысӑк хурлӑха ҫӑмӑллатма пулӑшать.

Шупашкар урамӗсенче халӑх туллиех. Вӗсене никам та чӗнмен пулин те пурте Хӗрлӗ площаде васкаҫҫӗ. Ачасем, пуҫламӑш, вӑтам шкулсенче вӗренекенсем, рабочисемпе служащисем, пенсионерсем, кил хуҫи хӗрарӑмӗсем, ваттисемпе ҫамрӑксем, ҫар тумӗ тӑхӑннӑ, колхозлӑ ялсенчен килнӗ ҫынсем темиҫе пин ҫын пуҫтарӑннӑ кунта! Пурне те вӗсене пӗр туйӑм—Иосиф Виссарионович Сталин юлташа пытарнӑ самантра Хӗрлӗ площадьре, трибуна ҫинчи ҫулпуҫ портречӗ умӗнче, траурлӑ ялав айӗнче тӑрса тупа тӑвас туйӑм ҫакӑнта илсе килнӗ.

— ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ, Совет Союзӗн Генералиссимусӗ Иосиф Виссарионович Сталин ятне асӑнмалли хурлӑхлӑ митинга уҫӑлнӑ тесе шутлатӑп,—пӗлтерет радио.

Аслӑ Сталинӑн шанчӑклӑ соратникӗ СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ тата партин Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ Г. М. Маленков юлташ В. И. Ленин пуҫарнӑ ӗҫсене И. В. Сталин малалла пурнӑҫласа пыни, вӑл генилле ертсе пынипе пирӗн ҫӗршыв тунӑ историллӗ чаплӑ ҫитӗнӳсем ҫинчен каланине кашни ҫын чӗререн ырласа йышӑнать. Ҫав ҫитӗнӳсене ҫакӑнта тӑракан кашни ҫын лайӑх пӗлет, курать, ӑнланать. Партипе правительство руководителӗсем, Сталинӑн чи ҫывӑх соратникӗсем Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем аслӑ Сталин тупӑкӗ умӗнче каланӑ сӑмахсем пирӗн Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви В. И. Ленинпа И. В. Сталин пуҫарнӑ ӗҫсене малашне те ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пырассишӗн, ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатассишӗн, коммунизм обществи туса ҫитерессишӗн ырми-канми кӗрешнине кӑтартса параҫҫӗ.

Радио И. В. Сталин тупӑкне Мавзолее В. И. Ленин тупӑкӗпе юнашар лартни ҫинчен пӗлтерет.

Кремль башни ҫинчи сехет 12 ҫапать. Мускав, Тӑван ҫӗршыв тупӑсенчен персе аслӑ ҫулпуҫа салют парать. Урамра утакан пӗр ҫын та ҫук. Пурте пуҫа тайса тӑраҫҫӗ. Машинӑсем чарӑннӑ. Фабрикӑсемпе заводсем хурлӑхлӑн кӑшкӑртаҫҫӗ.

Ҫӗршыв, совет халӑхӗ, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем хӑйсен ҫулпуҫӗнчен уйрӑлаҫҫӗ.

Пилӗк минут иртрӗ. Ҫынсем ҫапах вырӑнтан хускалмасӑр тӑраҫҫӗ. Шкул ачисен пӗр ушкӑнӗ хӑйсен садӗнчи И. В. Сталин скульптури патне чечек ҫыххисем пырса хурать.

— Хаклӑ Сталин, эсир хушса хӑварнисене эпир пӗтӗмпех пурнӑҫласа ҫитерӗпӗр,— теҫҫӗ вӗсем.

Ҫӗршыв хаклӑ ҫулпуҫа И В Сталина пытарчӗ. Ҫакӑн хыҫҫӑн хулари пур предприятисемпе учрежденисенче те ӗҫҫыннисен митингӗсем пулса иртрӗҫ. Ҫав митингсенче ӗҫҫыннисем И. В. Сталин ӗҫӗсене малалла туса пыма, партин Центральнӑй Комитечӗ, Совет Правительстви тавра тачӑ пӗтӗҫме пулаҫҫӗ. Ленинпа Сталин вӗрентӗвӗсене, партипе правительство заданийӗсене пурнӑҫлассишӗн ырми-канми кӗрешме тупа тӑваҫҫӗ.

## Ҫамрӑксен чи ҫывӑх тусӗ

ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ тата Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ, ҫамрӑксен чи ҫывӑх тусӑ Иосиф Виссарионович Сталин пирӗнтен уйрӑлчӗ. Аслӑ Сталин вилӗмӗ партишӗн, совет халӑхӗшӗн тата пӗтӗм тӗнчери мӗнпур прогрессивлӑ этемлӗхшӗн пысӑк ҫухату пулса тӑрать.

Пирӗн мӗнпур ҫӗнтерӳсемпе ҫитӗнӳсем И. В. Сталин ячӗпе ҫыхӑннӑ. Сталин аслӑ Ленинпа пӗрле Российӑри халӑхсене капитализм пусмӑрӗнчен хӑтарчӗ, телейлӗ те савӑнӑҫлӑ пурнӑҫӑн ҫулне уҫса пачӗ. Гражданӑ вӑрҫи ҫулӗсенче полководец Сталинӑн генийӗ ҫӗнтерӳ тума пулӑшрӗ. Сталин ертсе пынипе социализм ҫӗршывӗ ҫурхи сад пек чечекленчӗ, совет халӑхӗ фашистла захватчиксене ҫапса аркатрӗ.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче И. В. Сталин юлташ совет халӑхне халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантарас ӗҫе организацилерӗ.

Сталинла Конституци панӑ правӑпа усӑ курса, эпӗ вӑтам шкултан вӗренсе тухрӑм, халӗ Чӑвашсен государство педагогика институтӗнче историпе филологи факультетӗнче III-мӗш курсра вӗренетӗп. Эпӗ институтра вӗренсе пӗлӳ илме пултарнӑшӑн тем пекех телейлӗ. Пире вӗренме пур условисем те туса панӑ. Эпӗ «отлично» паллӑсемпе кӑна вӗренсе пыратӑп. Ҫавӑншӑн эпӗ тӗнчери чи аслӑ, юратнӑ та хаклӑ ҫын—И. В. Сталин ячӗпе паракан хисеплӗ стипендие илсе тӑма тивӗҫлӗ пултӑм.

Сталин вилчӗ, анчах унӑн ӗҫӗсемпе вӗрентӗвӗ юлчӗҫ. Эпир, совет студенчӗсем, тата лайӑхрах тӑрӑшса вӗренӗпӗр. Институтран вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн ҫамрӑк ӑрӑва коммунизмла воспитани парас тесе ырми-канми ӗҫлӗпӗр. Ачасене Ленин—Сталин партине чунтан парӑнса тӑракан ҫынсем пулма вӗрентӗпӗр.

**А. ИЛЬИН,**
**Педагогика институчӗн студенчӗ, Сталинла стипендиат.**

## Халӑх телейӗшӗн кӗрешнӗ аслӑ ҫын

Халӑх телейӗшӗн хӑйӗн вӑй-халне хӗрхенмесӗр кӗрешнӗ аслӑ ҫыннӑн—Иосиф Виссарионович Сталинӑн чӗри ӗмӗрлӗхех тапма чарӑнчӗ Сталин вилӗмӗ—пирӗн партишӗн, совет халӑхӗшӗн, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисемшӗн калама ҫук пысӑк ҫухату. Эпӗ ҫакӑн пек пысӑк ҫухатӑва йывӑррӑн тӳссе ирттеретӗп.

Сталин пирӗн ҫӗнтерӳсене хавхалантаракансӗ тата организацилекенӗ пулнӑ. Вӑл коммунизм ӗҫӗшӗн хӑйӗн пурнӑҫне, пӗтӗм вӑй-халне пачӗ. Иосиф Виссарионович вилчӗ, анчах унӑн ӗҫӗсем вилӗмсӗр.

Эпӗ 1917-мӗш ҫултанпа Ленин—Сталин партийӗн ретӗнче тӑратӑп. Хамӑн ӗмӗрте манӑн Сталина темиҫе хутчен те курма тӳр килчӗ. Ку тӗлпулусем маншӑн пысӑкран та пысӑк телей пулнӑ. Аслӑ Сталина эпӗ юлашки хут 1932 ҫулта Мускавра курнӑ. Эпӗ Иосиф Виссарионович Сталина курнӑ вӑхӑтсене хамӑн пурнӑҫри чи телейлӗ кунсем тесе шутлатӑп.

Сталин вилчӗ пулин те унӑн ҫутӑ ячӗ ӗмӗр-ӗмӗр ӗҫҫыннисем хушшинче пурӑнӗ. Унӑн вилӗмсӗр ӗҫӗсем пире ӗҫпе кӗрешӳре иксӗлми вӑй-хӑват парса тӑрӗҫ.

**Н. НОВИКОВ.**

## Сталин — вилӗмсӗр

Ун ӑслӑ куҫӗ урӑх уҫӑлмарӗ,
Вут пек чӗри те чарӑнчӗ тапма.
Тӳсме ҫук йывӑр хурлӑх хупӑрларӗ
Ҫут ирӗклӗ Тӑван Ҫӗршывӑма.
Хӗрсе-ҫунса Ун таталчӗ кун-ҫулӗ.
Ҫакна илтсен,
салхуллӑ ирхине
Цехри рабочин
вӗри куҫҫулӗ
Тумларӗ умӗнчи станок ҫине;
Ҫак хыпара илтсен,
ӗҫчен хресченӗн
Куҫҫулӗ ӳкрӗ сивӗ юр ҫине,
Куҫҫулӗ нӳрлентерчӗ ачасенӗн
Ҫулпуҫ пилленӗ кӗнекисене.
Ҫулпуҫ куҫне хупнишӗн хурланаҫҫӗ
Пур ҫӗршыври ыр чунлӑ халӑхсем.
Хуллен, хуллен салхуллӑн усӑнаҫҫӗ
Хура хӑю тыттарнӑ ялавсем.
Ҫук, ӳкмӗҫ ялавсем ҫӗре Ҫулпуҫӗ
Вилмен, вилмен! Вӑл пурӑнать.
Ялан, ялан пире Ун ӑслӑ куҫӗ
Ҫул кӑтартса пилленӗн курӑнать.
Вӑл ҫитӗнтернӗ партипеле халӑх
Ӳкермӗҫ Унӑн ялавне нихҫан:
Пӗтӗм тӗнче, этемлӗх асӑнмалӑх
Вӗсем туса ҫитерӗҫ аслӑ палӑк —
Хитре садран та ҫирӗп хурҫӑран;
Вӑл пулӗ—коммунизм. Ун ҫутипе
Ҫӗршывӑмӑр йӑлтӑртатса ҫуталӗ.
Пӗр уйрӑлми
Вӑл пурӑнӗ пирӗнпе —
Ӗмӗр вилми,
ӗмӗр мухтавлӑ Сталин.

**Александр АЛГА.**

## СТАЛИН—ХАЛӐХ ЧӖРИНЧЕ

Улӑпла малтан мала утатпӑр
Ҫӗнтерӳллӗ парти ҫулӗпе.
Кунсерен тӗрӗслесе пыратпӑр
Вӑхӑта Мускав сехечӗпе.
Яланхи пекех, ҫав кун чиперччӗ,
Пикенсех ӗҫлеттӗмӗр эпир.
Радио кӗтмен ҫӗртен пӗлтерчӗ:
— Вӑл чирленӗ... питӗ йывӑр чир...
Ҫав кунран вара Мускав сехечӗ
Пуҫласассӑн секундсем виҫме,
Ун чӗрийӗ тапнӑн илтӗнетчӗ,—
Ах, ҫитминччӗ, теттӗмӗр, вӗҫне!
Ун чӗри нихҫан та, ӗмӗрне те
Чарӑнса ан лартӑрччӗ тесе,
Тачӑраххӑн тӑчӗҫ, ҫирӗпленчӗҫ
Пирӗн партин хурҫӑ речӗсем.
Ҫук!.. Мӗскер ку?.. Йышӑнмасть
чӗремсӗм!
Тӗрӗс мар хыпар ку, тӗрӗс мар!
Анчах йывӑр чул пекех гиенчӗ
Хулпуҫҫи ҫине кӗтмен хыпар.
Хурлӑхлӑн шӑпланчӗ пур тавралӑх,
Куҫӑмра, ав, юр та хуралать.
Хурланса ахлатрӗ пӗтӗм халӑх,
Тӑчӗ вӑл хисеплӗ хурала.
Ҫук, вилмен вӑл! Ляпкӑ та хӑватлӑ—
Пӗр чӗре пек — халӑхӑн чӗри.
Халӑх кӑкринче тапса тӑрать вӑл—
Ун чӗри яланхи пек вӗри.
Яланхи пекех эпир виҫетпӗр
Мускавпа пур халӑх утӑмне.
Кремль сехечӗн сассинче илтетпӗр
Ун чӗри пӗр тикӗс тапнине.
Тӗрӗсех шаккать Мускав сехечӗ,
Тӗрӗсех тапать тӑван чӗре.
Ҫирӗпех хӑватлӑ халӑх речӗ,
Ҫирӗп пулӗ ӗмӗр-ӗмӗрех!..
Вӑйлӑран та вӑйлӑрах чӗртетпӗр
Хӑмӑр ӗҫӗн аслӑ ҫулӑмне.
Ҫӗнтерӳллӗн, ҫӳлерех ҫӗклетпӗр
Сталинӑн хӗвеллӗ ялавне!

**Аркадий ЭСХЕЛЬ.**

## Ленин—Сталин партийӗ тавра тата тачӑрах пӗтӗҫӗпӗр

Пирӗн Тӑван ҫӗршыври тата пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем калама ҫук хурлӑхлӑ кунсене пурӑнса ирттереҫҫӗ. Этемлӗх генийӗ, мир ялавне ҫӳлте тытса пыракан Иосиф Виссарионович Сталин пирӗнтен ӗмӗрлӗхех уйрӑлчӗ Сталин юлташ пирӗн ҫӗршыва Ленин кӑтартса хӑварнӑ ҫулпа малалла хӑюллӑн илсе пычӗ. Вӑл Коммунистсен партийӗпе совет халӑхне социализм ҫӗнтерӗвӗ патне, коммунизм тумалли ҫулпа илсе пычӗ.

Аслӑ ҫулпуҫ Иосиф Виссарионович Сталин хӑйӗн генилле произведенийӗсенче кӑтартса хӑварнӑ идейӑсем кашни ӗҫҫыннине коммунизм обществи туса ҫитерме, мир ялавне ҫӳлте тытса пырса пӗтӗм тӗнчипе миршӗн кӗрешме хавхалантараҫҫӗ. И. В. Сталинӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑллӑ проблемисем» ятлӑ генилле произведенийӗ Совет Союзӗнчи ӗҫҫыннисене кӑна мар, пӗтӗм тӗнчери прогрессивлӑ этемлӗхе социализмшӑн, коммунизм обществи туса ҫитерессишӗн ырми-канми ӗҫлеме хавхалантарать.

Пирӗн Тӑван ҫӗршыв историйӗнче малта пыракан совет науки калама ҫук пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Ҫак наукӑна аталантарас тӗлӗшпе И. В. Сталин ырми-канми ӗҫленӗ. Пирӗн ҫӗршывра наука ӗҫҫыннисен интересӗсемшӗн, вӗсен пурнӑҫпа йӑла условийӗсене лайӑхлатассишӗн, ҫутҫанталӑка ҫӗнетсе урӑхлатассишӗн кӗрешет. Сталин юлташ тӑрӑшнипе кӑна малта пыракан совет наукине халӑх интересӗсене пӑхӑнтарнӑ.

Наукӑсен аслӑ корифейӗ Иосиф Виссарионович Сталин вӗрентни пирӗн ҫӗршывра культурӑна ҫав тери хӑвӑрт аталантарса пыма май пачӗ Вӑл кӑтартса панисем пирӗн ученӑйсемшӗн, литературӑпа искусство работникӗсемшӗн малалли ҫула ҫутатса тӑракан ӗҫ программи пулса тӑчӗҫ. Сталин юлташ тӑрӑшнипе совет науки тӗнчере чи малта пыракан наука, совет ученӑйӗсем тӗнчери чи паллӑ ученӑйсем пулса тӑчӗҫ.

Сталин юлташ хӑйӗн пӗтӗм пурнӑҫне ӗҫҫыннисемшӗн панӑ. Вӑл кашни ҫыншӑн—унӑн пурнӑҫпа йӑла условийӗсене лайӑхлатассишӗн, сывлӑхӗшӗн куллен тӑрӑшнӑ. Ҫавна пула пирӗн ҫӗршыври пур тӗрлӗ халӑхсем те пуян та культурӑллӑ пурнӑҫпа пурӑнакан пулчӗҫ. Халӑх сывлӑхне сыхлас ӗҫ капитализмла нихӑш ҫӗршывра пулман хӑвӑртлӑхпа лайӑхланса пычӗ. Ҫакна эпир кашни халӑхӑн, уйрӑммӑнах чӑваш, мари тата ытти вак халӑхсен пурнӑҫӗнчен аван куратпӑр.

Ҫӗнӗ пилӗк ҫуллӑх плэн тӑрӑх халӑх сывлӑхне сыхлас ӗҫ халиччenхинчен тата нумай лайӑхланмалла. Ҫакӑ вӑл совет ҫыннисен пурнӑҫӗ, культури тата нумай ӳсессине пӗлтерет. Ҫак чаплӑ ҫитӗнӳсемшӗн совет ҫыннисем пӗтӗмпех юратнӑ учителӗмӗр аслӑ Сталина чунчӗререн тав тӑваҫҫӗ. Ҫӗршывшӑн йывӑр кунсенче Ленин—Сталин партине вӗҫӗ-хӗррисӗр юратса парӑннине, унӑн Центральнӑй Комитечӗ, Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫме пулнине кӑтартса параҫҫӗ. Эпир, халӑх сывлӑхӗшӗн кӗрешме тивӗҫлӗ ҫынсем, Сталин юлташ кӑтартса хӑварнисене ӗмӗр-ӗмӗр асра тытӑпӑр. Халӑхшӑн, халӑх сывлӑхӗшӗн кӗрешес ӗҫре аслӑ ҫулпуҫ Иосиф Виссарионович Сталин пек пулма тӑрӑшӑпӑр.

**П. КАФТАННИКОВ,**
**РСФСР тава тивӗҫлӗ врачӗ.**

## Сталин ячӗ ӗҫпе кӗрешӳре хавхалантарӗ

Аслӑ Сталин хӑйӗн пӗтӗм пурнӑҫне халӑх интересӗшӗн кӗрешсе ирттерчӗ. Патша самани вӑхӑтӗнче хӗн-хур тӳснӗ халӑхсене вӑл аслӑ вырӑс халӑхӗпе пӗр туслӑ ҫемьене пӗтӗҫтерчӗ, экономикӑпа культура тӗлӗшпе вӑйлӑ аталанмалла турӗ.

Акӑ пурӑнмалли пысӑк та илемлӗ ҫуртсем, шкулсем, магазинсем. Нумаях та пулмасть пушхир пулнӑ вырӑнта ҫӗнӗ урамсем ӳссе ларчӗҫ. Аслӑ Сталин пирӗншӗн, чӑваш халӑхӗшӗн, тӑванла тӑрӑшнипе кунта пир-авӑр комбиначӗ тума тытӑннӑ. Строительство ӗҫӗ кунтан-кунах сарӑлса пырать. Вӑхӑт нумаях та иртмӗ, комбинат Тӑван ҫӗршыва паха пир-авӑр парса тӑма тытӑнӗ.

Арлакан пысӑк корпус. Кунта халӗ строительство ӗҫне вӗҫлесех ҫитереймен-ха. Ҫав вӑхӑтрах корпусри хӑшпӗр пӳлӗмсенче чылайранпа ӗнтӗ станоксен шавӗ кӗрлесе тӑрать. Кӑткӑс станоксемпе ӗҫлекенсем хушшинче чӑваш ялӗсенчен килнӗ хӗрсем сахал мар. Вӗсем вӗренче, ӗҫлеме, ҫӗнӗ пурнӑҫпа пурӑнма ҫул уҫса панӑ аслӑ Сталина ӗмӗр-ӗмӗр асра тытӗҫ.

Комбинатри прядильщицӑсемпе строительсем мартӑн 9-мӗшӗнче, каҫхине 5 сехетре, Сталина асӑнса ирттернӗ хурлӑхлӑ митинга пухӑнчӗҫ Легпромстройӑн 11-мӗш номерлӗ трестӗнчи пуҫламӑш парторганизаци секретарӗ Курапина юлташ, митинг уҫса, КПСС Шупашкар хула комитечӗн секретарьне Л. Михайлов юлташа сӑмах пачӗ. Михайлов юлташ СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ, КПСС Центральнӑй Комитечӗн Секретарӗ Иосиф Виссарионович Сталин вилнӗ пирки пирӗн пӗтӗм халӑх, малта пыракан пӗтӗм этемлӗх хурланни, ҫак пысӑк ҫухату кашнин чӗрине хытӑ ыраттарни ҫинчен калать.

— Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе,— тет Михайлов юлташ,— пирӗн халӑх Сталин ӗҫӗшӗн—коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн хастарлӑ кӗрешӗ. Сталинӑн аслӑ ӗҫӗ пирӗн чӗрере ӗмӗр-ӗмӗр пурӑнӗ. Халӑх телейӗшӗн хӑйӗн пурнӑҫне хӗрхенмесӗр кӗрешнӗ Сталина пулас ӑрусем те ялан мухтаса асӑнӗҫ. Сталин ячӗ тӗнчери чи аслӑ ҫынсен—Маркс, Энгельс, Ленин ячӗсемпе юнашар тӑрать.

Пӗрин хыҫҫӑн тепри тухаҫҫӗ трибуна ҫине. Вӗсем пурте пирӗншӗн пысӑк хурлӑх килсе тухни ҫинчен калаҫҫӗ, Сталин ӗҫӗшӗн, хамӑр ҫӗршывра коммунизм туса ҫитерессишӗн хастарлӑ кӗрешме тупа тӑваҫҫӗ.

— Халӑх хурланнине каласа пама,— тет аслӑ прораб Мигущин юлташ,— сӑмах та ҫитмест. Аслӑ Сталин вилнӗ пирки пирӗн чӗресем ыратаҫҫӗ. Хурлӑх пысӑк пулсан та эпир алӑсене усса лармӑпӑр. Эпир аслӑ Сталинӑн ҫывӑх тусӗсем ертсе пынипе коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн малашне те ӑнӑҫлӑ кӗрешӗпӗр, Коммунистсен партийӗпе Совет Правительстви тавра татах та тачӑрах пӗтӗҫӗпӗр.

Арлакан цех начальникӗн заместителӗ, ҫамрӑк инженер Глумов, пир-авӑр комбиначӗн главнӑй механик уйрӑмӗн слесарӗ Арапкина, малта пыракан бригада бригадирӗ Толчин, ҫип арлакан паллӑ стахановка Погодина тата ытти юлташсем, митингра тухса каласа, Ленин—Сталин партийӗпе Совет правительстви тавра татах та тачӑрах пӗтӗҫме, сыхӑлӑха ӳстерсе пыма, хальхинчен лайӑхрах ӗҫленипе Тӑван ҫӗршыв хӑватне ӳстерме, вилӗмсӗр Сталин ӗҫӗшӗн ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешме тупа турӗҫ.

И. В. Сталина пытарнӑ кун пир-авӑр комбинатӗнче ирттернӗ митинг пирӗн халӑх Ленин—Сталин партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительствине чӗререн парӑнса ӗҫленине, аслӑ Сталин ӗҫӗшӗн нихҫанхинчен вӑйлӑ кӗрешме пулнине кӑтартса парать.

## Вӑл яланах пирӗнпе

Мартӑн 9-мӗшӗнче кӑнтӑрла иртсен Шупашкарти чылай предприятисемпе учрежденисенче хурлӑхлӑ митингсем пулса иртрӗҫ.

Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ заводри рабочисемпе работницӑсен, инженерсемпе техниксен тата служащисен хурлӑхлӑ митингӗнче КПСС обкомӗн секретарӗ С. М. Ислюков юлташ сӑмах тухса каларӗ.

— Паян совет халӑхӗ тата пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем хӑйсен юратнӑ, хаклӑран та хаклӑ ҫулпуҫне Иосиф Виссарионович Сталин юлташа пытарчӗҫ,— тет вӑл.— Сталин юлташ пирӗнтен уйрӑлса кайрӗ. Анчах эпир Сталин идейисене малалла пурнӑҫласа пырӑпӑр. Ленин коммунизм ялавне аслӑ Сталина шанса парса хӑварчӗ. Сталин вӑл ялава малалла хӑюллӑ илсе пычӗ. Халӗ Сталин юлташ ҫав ялава хӑйӗн соратникӗсене парса хӑварчӗ. Эпир, Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин вӗрентӗвӗпе хӗҫпӑшалланнӑ совет ҫыннисем, ҫав ялава таса та ҫӳлте тытса малалла илсе пырӑпӑр.

Ленин—Сталин ялавӗ шанчӑклӑ аллӑра пулни партин Центральнӑй Комитечӗн пленумӗ СССР Министрӗсен Совечӗн тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн пӗрлехи ларӑвӗ йышӑннӑ постановлени те лайӑх кӑтартса парать. Сталин пӑхса ӳстернӗ, сталинла ӗҫлеме, кӗрешме, ҫӗнтерме вӗреннӗ унӑн шанчӑклӑ соратникӗсем совет халӑхне коммунизм патне илсе ҫитерӗҫ.

— Сталин юлташ ячӗпе пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен кӗрешӗвӗ, пирӗн аттесемпе аннесен, ачасен телейлӗ пурнӑҫӗ сыхӑнса тӑрать,— тет заводӑн главнӑй механик ӗҫӗсене тӑвакан Ардаматский юлташ.— Пирӗншӗн, Сталин пурӑннӑ вӑхӑтра, вӑл ертсе пынипе ӗҫлени калама ҫук пысӑк телей пулчӗ. Сталин пурнӑҫласа пынӑ ӗҫ вӑл аслӑ Ленин, Коммунистсен партийӗ пуҫарнӑ ӗҫ, Сталинла политика пулнӑ. Ҫав политикӑна кашни ҫын ӗненнӗ, шаннӑ, вӗсене пурнӑҫлассишӗн кӗрешнӗ. Сталин юлташ пирӗнтен ӗмӗрлӗхе уйрӑлса кайиччен, пире Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин вӗрентӗвӗпе хӗҫпӑшаллантарса, коммунизм туса ҫитермелли пур условисем те туса хӑварчӗ. Эпир вӑл хушнисене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласа пырӑпӑр.

Митингра ҫавӑн пекех штамповочнӑй цехра ӗҫлекен Рябина установщица, партком секретарӗ Шувалов, ВЛКСМ комитечӗн секретарӗ Бородин юлташсем сӑмах тухса каларӗҫ.

Митингра пухӑнсем аслӑ В. И. Ленинпа И. В. Сталин пуҫарнӑ ӗҫсене вӗҫне ҫитиех пурнӑҫласа пыма, партин Центральнӑй Комитечӗпе Совет Правительстви тавра тата тачӑрах пӗтӗҫме пулса резолюци йышӑнчӗҫ.



Иосиф Виссарионович Сталина пытарнӑ кун Шупашкарти Хӗрлӗ площадьре.

## Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительствин председателĕ Мао-Цзэ-дун юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. М. Шверник юлташ патне янă телеграмма

Шверник юлташ!

Китай халăхĕн чи хаклă тусĕ тата аслă учителĕ Сталин юлташ вилни çинчен пĕлсен Китай халăхĕ, Китай правительстви, эпĕ хам та калама çук хытă хурлантăмăр. Вăл вилни совет халăхĕшĕн çеç мар, çавăн пекех Китай халăхĕшĕн, пĕтĕм мирпе демократи лагерĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсемшĕн питĕ пысăк çухату. Китай халăхĕ, Китай правительстви ячĕпе тата хам ятпа та Сире, совет халăхне тата Совет Правительствине чунтан-чĕререн хурланни çинчен пĕлтеретĕп.

Китайра халăх революцийĕ çĕнтерни юлашки вăтăр çул хушшинче Сталин юлташ пĕрмаях тăрăшнипе, ертсе пынипе тата пулăшнипе тачă çыхăнса тăрать. Китайра халăх революцийĕ çĕнтернĕ хыççăн Сталин юлташ, аслă совет халăхĕ тата Сталин юлташ ертсе пынă Совет правительстви Китай халăхне мирлĕ ĕçре ыррă кăмăлпа пулăшса пычĕç. Сталин юлташ Китай халăхĕн аслă тусĕ пулнине пирĕн халăх яланах асра тытса пурăнĕ. Сталин юлташăн идейисем ялавах Китай халăхĕн çулне çутатса тăрĕç.

Председатель юлташ! Китайри Коммунистсен партийĕ, Китай халăхĕ тата Китай правительстви мухтавлă Ленин—Сталин партийĕпе, совет халăхĕпе тата Совет правительствипе туслă пулĕç, вĕсене шанса тăрĕç тата пулăшĕç. Китай халăхĕ, аслă совет халăхĕпе пĕрле пулса, пĕтĕм тĕнчери мирпе демократи лагерьне, Совет Союзĕ ертсе пыракан лагере, тĕреклетсе пырĕ, сыхăлăха ӳстерĕ, вăрçă провокаторĕсене хирĕç кĕрешессине вăйлатĕ, совет халăхĕпе Китай халăхĕн тĕп интересĕсемшĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн тата хăрушсăрлăхшăн вĕçне çитиех кĕрешсе пырĕ. Эпĕ çакна шанса тăратăп: пĕтĕм тĕнчери прогрессивлă çынсем пурте пирĕнпе пĕрле Сталин юлташ кăтартса панă çулпа пырĕç, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас таса ĕçе хăйсен аллине илĕç.

**МАО ЦЗЭ-ДУН.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне СССР Министрĕсен Советне СССР Верховнăй Совет Президиумне

Хаклă юлташсем!

Румыни халăхĕ СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, Ленин соратникĕ тата унăн ĕçне гениллĕ малалла туса пыраканĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни çинчен пĕлтернĕ хыпара илнĕ хыççăн вĕçĕ-хĕррисĕр хурланса кулянать.

Румыни халăхĕ совет халăхĕшĕн питĕ пысăк хурлăх пулнине пĕтĕм чун-чĕререн ăнланать. Румынири Рабочи партин Центральнăй Комитечĕ, Румыни Халăх Республикин правительстви тата Румыни Халăх Республикин Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕ КПСС Центральнăй Комитетне, СССР Министрĕсен Советне тата СССР Верховнăй Совет Президиумне Сталин вилсе кайнипе хăйĕн аслă çулпуçне, историллĕ çĕнтерӳсен организаторне çухатнă тăванла совет халăхĕпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерессĕ.

Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайни малта пыракан мĕнпур этемлĕхшĕн питĕ пысăк çухату пулса тăрать. Ленинпа пĕрле Сталин юлташ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене социализм, демократи тата мир çĕнтерĕвĕн кĕрешӳ çулне кăтартса панă. Сталин юлташ — гениллĕ полководец, вăл этемлĕхе фашизм чуралăхĕнчен çăлса хăварнă. Сталин юлташ — миршĕн пыракан кĕрешӳ ялавĕ, вăл хăйĕн пĕтĕм пурнăçне ĕçсыннисен ĕçĕшĕн, халăхсен ирĕклĕхĕшĕн, никама пăхăнманлăхĕшĕн тата пĕртанлăхĕшĕн панă.

Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем Сталин юлташа чунтан-чĕререн юратса асăнаççĕ, вăл хăйĕн çĕршывне империализм сăнчăрĕсенчен хăтарнă, пирĕн халаха чи йывăр самантра атте пек пулăшнă, пирĕн çĕршыв халăхне социализм тумалли çутă çула кăтартса панă. Сталин юлташ Румыни халăхĕн чи лайăх тата хаклă тусĕ, аслă учителĕпе ашшĕ пулнă. Çавăн пек асра юлать ĕмĕрлĕхех пирĕн çĕршыври ĕçсыннисен чун-чĕринче Сталин юлташ. Пирĕн парти членĕсем тата пирĕн мĕнпур халăх çакна лайăх пĕлеççĕ: эпир хамăрăн мĕнпур çитĕнӳсене коммунизм тăвакан аслă совет халăхĕпе туслă пулса тата вăл тăванла пулăшнипе тунă.

Румыни Халăх Республикинчи ĕçсыннисем Ленин—Сталин ĕçне малашне те пĕр иккĕленмесĕр туса пыма, парти ялавĕ, Ленин—Сталин ялавĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçме, никам аркатайми ĕмĕрлĕх туслăха Совет Союзĕпе тата ытларах çирĕплетме пулаççĕ.

Миллионшар арçынсемпе хĕрарăмсем—фабрикăсемпе заводсенчи рабочисем, ĕçхресченĕсем, интеллигенци, пирĕн хĕçпăшаллă вăйсен воинĕсем халăх демократи стройне çирĕплетме, халăх хуçалăхне аталантарма тата халăх пурнăçĕн шайне хăпартма хăйсен вăйне ывăнма пĕлмесĕр ӳстерсе пырĕç. Вак халăхсемпе тăванла пулса, Румыни халăхĕ пирĕн çĕршывра социализм татăкланах çĕнтермелле тăвассишĕн заводсенче, фабрикăсенче тата шахтăсенче, уй-хирте, шкулсемпе лабораторисенче малашне те пĕтĕм хастарлăхпа ĕçлеме пулать. Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе алла-аллăн тытăнса, эпир мир ĕçне халăхсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлĕпĕр. Эпир Тăван çĕршывăн çар вăй-хăватне яланах тĕреклетсе пырăпăр,— нацин никама пăхăнманлăхне тата пирĕн çĕршывăн государство никама пăхăнманлăхне хирĕç тапăнма шутлакансене татăклă отпор памалла пултăр. Пирĕн партин пĕрлĕхне, халăхсем партипе унăн Центральнăй Комитечĕ тата Румыни Халăх Республики правительстви тавра пĕтĕçсе тăнине куç шăрçине сыхланă пек сыхлама тата ăна тĕреклетме, Румыни Халăх Республикин шалти тата тулашри тăшманĕсен кирек мĕнле усал ĕçĕсене пĕтерме сыхăлăха ӳстерме, тăшмана тĕп туса пыма эпир никам çĕнтерейми Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕнчен вĕренсе пырăпăр.

Сталинăн аслă идейисем тата мир, демократи, социализм çĕнтерессе çирĕп ĕненсе тăнипе хавхаланнă пĕтĕм тĕнчери миллионшар ĕçсыннисен ăс-хакăлĕнче Сталинăн гениллĕ вĕрентĕвĕ тата Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă сăнарĕ ĕмĕрлĕхех упранса юлать.

Малта пыракан этемлĕхĕн генине, ĕçсыннисен юратнă ашшĕне Иосиф Виссарионович Сталина ĕмĕр-ĕмĕр мухтав!

**Румынири Рабочи партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн ячĕпе Г. ДЕЖ.**

**Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕ ячĕпе доктор П. ГРОЗА.**

# ИОСИФ ВИССАРИОНОВИЧ СТАЛИН вилнĕ пирки пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх чĕререн хурланать

### *Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ чĕнсе калани*

ВЕНА, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене чĕнсе каланă. Чĕнӳре çапла каланă:

«Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен чĕрине хурлăх ыраттарать. Совет халăхĕн аслă çулпуçĕн, пĕтĕм тĕнчери пролетариатăн гениллĕ çулпуçĕн, этемлĕхĕн ырă пурнăçĕшĕн, мире сыхласа хăварассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешнĕ Иосиф Виссарионович Сталинăн, чĕри тапма чарăнчĕ.

Аслă Сталин вилнине кашни ĕçсынни хăйĕн хурлăхĕ, мĕнпур халăхсем—тавăрма çук çухату вырăнне хурса шутлаççĕ.

Ленинпа пĕрле Октябрьти Социализмлă Аслă революцие туса ирттерсе, Совет Союзĕнче социализм туса, çапла вара коммунизм патне пыма çĕнтерӳллĕ çул хывса, Сталин юлташ Совет Союзĕнчи халăхсене телей патне илсе пычĕ кăна мар, тата, çĕр чăмăрĕ çинчи пусмăр тӳсекен çынсене пурне те шанăç кӳчĕ, çынна çын эксплуатацилессине пĕтерме пултарнине, пур çĕрте те социальнăй тĕрĕслĕх, чăн-чăн ирĕклĕх, чăн-чăн этемле туслăх туса хума май пуррине кăтартса пачĕ.

Ленинпа пĕрле Сталин пĕрремĕш нумай нацилле социализмлă государство туса хучĕ, çĕр чăмăрĕ çинчи пĕтĕм халăха пур халăхсем валли те пĕртанлăх туса хума май пуррине кăтартса пачĕ.

Иосиф Сталин совет халăхне фашизма çĕнтерсе историллĕ çĕнтерӳ патне илсе пычĕ, çапла вара цивилизацие çăлса хăварчĕ. Çакă вăл тĕнчери лару-тăрăва улăштарчĕ. Паян ĕнтĕ мирпе прогресс вăйĕсем, вĕсем пĕрлешес пулсан тата мире хӳтĕлесе тăрас пулсан, çĕнтерме пултараççĕ. И. В. Сталин мир ĕçĕ, нациллĕ никама пăхăнманлăх тата демократиллĕ ирĕклĕхсем çĕнтерес тĕлĕшпе халăха шанăç пачĕ. Çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур ĕçсыннисен хурлăхне палăртса, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ ВЦСПС Президиумне, пĕтĕм совет халăхне тата унăн правительствине вĕсемпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтерет.

Пролетарилле интернационализмăн И. В. Сталин çĕклесе пынă ялавсене çӳлте тытса, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене хăйсен речĕсене тата тачăрах пĕтĕçтермĕ, ĕçсыннисем хăйсен çĕрĕн хуçи пулса тăракан çĕршывпа, мирпе демократи лагерĕн çирĕп тĕрекĕ пулса тăракан çĕршывпа тăванла çыхăну тытассине тата пĕр шухăшлă пулассине тĕреклетме чĕнет.

Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене ырă пурнăç, прогресс, ирĕклĕх, телей тата мир çинчен калакан аслă та никам çĕнтерейми идейăсене пурнăçа кĕртессишĕн, Иосиф Сталин мĕн юлашки сывлăш тухаччен хăйĕн пурнăçне панă çак идейăсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме чĕнет.

Иосиф Сталин вилчĕ, анчах Сталин ĕçĕ тата унăн тĕслĕхĕ чи чĕрĕ чăнлăх пулса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен чĕринче пурăнакан çынна ĕмĕр мухтав та чыс пултăр.

Иосиф Сталина вилĕмсĕр мухтав та чыс!»

## ССР Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне Н. М. ШВЕРНИК юлташа

**Мускав.**

Председатель юлташ,

Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕтĕм тĕнчери прогрессивлă этемлĕх умне тухса тăнă хурлăх пирки Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕ ячĕпе тата хамăн ятпа чунчĕререн хурланни çинчен пĕлтеретĕп. Вилĕм пирĕн ретрен юратнă туса тата учителе Иосиф Виссарионович Сталина илсе кайрĕ. Корея халăхĕ çак çухату çав тери пысăк пулнине ăнланать, унăн хытă хурланать. Эпир Сталин юлташ çинчен ĕмĕр-ĕмĕрех асăнса пурăнăпăр. Унăн вĕрентĕвĕ пирĕн Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн пыракан кĕрешӳре, халăхсем хушшинчи миршĕн, этемлĕх телейĕшĕн пыракан кĕрешӳре пирĕн ялав пулса тăрĕ.

**Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн Председателĕ КИМ ДУ БОН.**

## Венгри Халăх Республикин Государство пухăвĕн хурлăхлă сессийĕ

БУДАПЕШТ, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки ĕнер Будапештра Венгри Халăх Республикин Государство пухăвĕн черетсĕр хурлăхлă сессийĕ пулса иртнĕ.

Сессие Венгри Халăх Республикин Государство пухăвĕн председателĕ Шандор Ронаи уçнă. Вăл сĕннипе сессие пухăннисем Иосиф Виссарионович Сталин ятне ура çине тăрса чыс тăваççĕ.

Пĕтĕм Венгри халăхĕ, тенĕ Шандор Ронаи, Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки чĕререн хурланать. Пирĕн халăх хăй ирĕке тухнăшăн, никама пăхăнманлăх илнĕшĕн, телейлĕ те чечекленекен çĕршыв туса хума, социализм никĕсне хывма май илнĕшĕн И. В. Сталина тав тума тивĕçлĕ.

Ун хыççăн Венгри Халăх Республикин Министрĕсен совечĕн председателĕн заместителĕ Имре Надь сăмах тухса каланă.

Сталин, тенĕ вăл, этемлĕхĕн асларан та аслă генийĕ пулса тăрать.

Совет Союзĕ тата пирĕн хаклă тусăмăр Сталин юлташ ырă кăмăлпа ялан пулăшу парса тăни Венгрие социализм тăвакан çĕршыв пулма май пачĕ, Венгри Халăх Республикин пилĕк çуллăх планне пурнăçлама, культурăпа искусствăна тата наукăна аталантарма условисем туса пачĕ. Сталин вĕрентĕвĕ пире çĕнĕ çĕнтерӳсем тума хавхалантарать.

Венгри Халăх Республикин правительстви ячĕпе Имре Надь государство пухăвĕнче пăхса тухма Генералиссимус Иосиф Виссарионович Сталин ятне ĕмĕр асăнмалла тăвасси çинчен кăларакан закон проектне тăратнă.

Сесси пурте пĕр саслă пулса йышăннă законра çапла каланă:

«1953 çулхи мартăн 5-мĕшĕнче Совет Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Генералиссимус Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ. Вăл тĕнчене улăштарса çĕнетекен аслă çынсенчен пĕри пулнă,—çак аслă çынсем хăйсен халăхĕпе государствине чечеклентерессишĕн кăна мар, пĕтĕм этемлĕх прогресĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене ирĕке кăларса телей кӳрессишĕн никамран та ытларах ĕçленĕ. Венгри Халăх Республикин Конституцинче çапла каланă: «Аслă Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем пирĕн çĕршыва нимĕçсен фашистла пусмăрĕнчен хăтарчĕç, помещиксемпе шултра капиталистсен халăха хирĕç пыракан государство влаçне çĕмĕрсе тăкрĕç, пирĕн ĕçхалăхĕ валли демократиллĕ йĕркепе аталанмалли çул уçса пачĕç». И. В. Сталин юлташ пирĕн çĕршыва ирĕке кăларнă Совет Союзĕпе унăн çарне ертсе пынă. Совет Союзĕ Венгри Халăх Республикине ялан ырă кăмăлпа пулăшу панăшăн чи малтан эпир ăна тав тума тивĕçлĕ. Пирĕн халăх Совет Союзĕ пулăшнипе мир ĕçĕçе хăйĕн никама пăхăнманлăхне ăнăçлă хӳтĕленĕшĕн, Венгрире социализм никĕсĕсене ăнăçлă туса пынăшăн эпир чи малтан ăна тав тума тивĕçлĕ.

И. В. Сталин юлташăн ячĕ, ĕçĕсем тата вĕрентĕвĕ пирĕн Тăван çĕршыв историйĕпе уйăрлми таччăн çыхăнса тăраççĕ. Венгри нацийĕн никама пăхăнманлăхĕ, Венгри халăхĕн ирĕклĕхĕ, Венгри ĕçсыннисен прогресĕ И. В. Сталин юлташ совет халăхĕшĕн, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхшĕн тунă ĕçсемпе таччăн çыхăнса тăраççĕ.

И. В. Сталин ятне хисеплесе, унăн аслă вĕрентĕвне пурнăçлама хатĕр тăнине палăртса, Государство пухăвĕ çакăн пек закон йышăнать:

«§ 1.

Венгри халăхне ирĕке кăларас ĕçре, Венгри нацийĕн никама пăхăнманлăхне кĕрешсе илес тата туса хурас ĕçре, Венгри ĕçсыннисен политикăллă, экономикăллă тата культурăллă çĕкленĕвне туса пырас ĕçре нихçан манмалла мар тава тивĕçлĕ пысăк ĕçсем тунăшăн, Государство пухăвĕ законсен кĕнеки çине Иосиф Виссарионович Сталин ятне çырса хурать».

## Польша Халăх Республикин Государство совечĕпе Министрсен Совечĕ Иосиф Сталин ятне ĕмĕр асăнмалла тăвасси çинчен йышăннă постановлени

ВАРШАВА, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). И. В. Сталин ятне ĕмĕр асăнмалла тăвас тесе Польша Халăх Республикин Государство совечĕпе Министрсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. Польшăри Рабочисен Пĕрлешнĕ Партийĕн Воевода Комитечĕ, Халăх Радин Катовице Воеводин Президиумĕ тата Катовице хулинчи Халăх Радин Президиумĕ, çавăн пекех Наци фрончĕн Катовице Воевода Комитечĕ сĕннĕ тăрăх, Катовице хула ятне улăштарса Сталиногрод (Сталиногруд) хули ятне, Катовице Воеводствине Сталиногрод (Сталиногруд) Воеводстви ятне парас.

2. Совет Союзĕ И. В. Сталин пуçарнипе Польша Халăх Республикине парне пани пулса тăракан Культурăпа наука дворецне Иосиф Сталин ятне парас.

3. Культурăпа наука дворецĕ умĕнчи площадьре Иосиф Сталин памятникне лартас.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

### *Политикăллă комитетра*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Политикăллă комитетăн ĕнер кăнтăрла пулнă ларăвĕнче Мексика, Боливи, Филиппин, Франци, титолла Югослави, Индонези, Белорус ССР представителĕсем тухса каланă.

Американ агрессиллĕ политики хыççăн пыракан çĕршывсен—Франци, Филиппин, титолла Югослави тата ытти çĕршывсен делегачĕсем тухса калани çакна кăтартрĕ: вĕсем Генеральнăй Ассамблейăн хальхи сессийĕнче Корейăри вăрçа чарса лартасси çинчен тата Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелесси çинчен решени йышăнма чарасшăн мар, вĕсем Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе пĕр шухăшлă.

Филиппин представителĕ, Совет Союзĕн сĕнĕвне хирĕçлесе, совет сĕнĕвне «йышăнма çук» тесе сĕмсĕррĕн каланă. Франци делегачĕ Америкăпа Англи блокне ертсе пыракансен юрринех юрланă, вăрçă Çурçĕр Корея енчен пуçланнă тенĕ, çав вăхăтрах Корея ыйтăвĕ тăрăх Франци делегацийĕ мĕн тума шутлани çинчен пĕр сăмах та каламан.

Индонези представителĕ Корея ыйтăвне татса парас тĕлĕшпе делегатсене «конкретлă вăй» хума чĕннĕ, араб çĕршывĕсен тата Ази çĕршывĕсен представителĕсем Корейăри вăрçă ĕçне чарса лартас тĕлĕшпе Генеральнăй Ассамблейăпа килĕшсе ĕçлеме хатĕр тăни çинчен каланă.

Анчах вăл Корейăри вăрçа чарса лартасси çинчен тăракан ыйтăва татса пама нимĕнле сĕнӳ те паман.

Ларура Белорус ССР делегацийĕн пуçлăхĕ К. В. Киселев тухса каланă. Вăл Америка çар командованийĕ Корейăра вăрă-хурахла меслетсемпе вăрçă вăрçнине тата Америка çарĕсем калама çук тискер ĕçсем тунине палăртнă. Корея ыйтăвĕ тăрăх 1952 çулхи декабрĕн 3-мĕшĕнче резолюци йышăннăранпа 1953 çулхи январĕн 1-мĕшне çитиччен, американецсем хăйсем чылай пĕчĕклетсе кăтартнă сведенисем тăрăх та, Çурçĕр Корейăпа Китайăн тыткăна лекнĕ салтакĕсене 230 çынна вĕлернĕ тата амантнă. Америка хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, 1951 çулхи июнь уйăхĕнчен пуçласа 1953 çулхи январĕн 6-мĕшне çитиччен Çурçĕр Корейăпа Китайăн тыткăна лекнĕ салтакĕсене 3.089 çынна вĕлернĕ тата амантнă. Америка интервенчĕсем вĕлернĕ е амантнă салтаксен йышĕ Америка хаçачĕсем пĕлтернинчен чылай нумайрах.

Америка интервенчĕсем Корея халăхне пĕтерес политика тытса, Корейăри мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине тискеррĕн тапăнассине вăйлатаççĕ.

Юлашкинчен К. В. Киселев çапла каланă: Совет Союзĕн сĕнĕвĕсем Корейăпа Китай халăхĕсене хирĕç тĕрĕслĕхсĕр тата агрессиллĕ вăрçăна чарса лартма тата Корейăра тĕрĕс мир туса хумалли çул кăтартса параççĕ. Корейăпа Китай халăхĕсем миршĕн тăрăшаççĕ. Мирлĕ пурнăçа юратакан ытти халăхсем те миршĕн. Çак тĕрĕс сĕнӳсене йышăнсан кăна Политикăллă Комитет хăйĕн тивĕçне пурнăçлĕ тата тĕнчери халăхсем шанса тăнине тӳрре кăларĕ.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян пĕлтернинче çапла каланă: Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсемпе тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, мартăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн чаçĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Иртнĕ каç Америка бомбардировщикĕсем Тедон уездĕнчи мирлĕ халăх пурăнакан ялсем çине тапăннă, пĕтĕмпе 500 ытла фугаслă тата вут тивертекен бомбăсем пăрахнă. Темиçе çĕр ача тата старисемпе хĕрарăмсем вилнĕ е аманнă. Нумай çуртсене вут хыпса илнĕ, çĕмĕрсе тăкнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн мирлĕ ялсем çине тапăннă 6 самолетне персе ӳкернĕ.

## ХРОНИКА

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ СССР Юг çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн заместительне Василий Васильевич Кузнецов юлташа Совет Союзĕн Китай Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ пулма уйăрса лартнă.

* * *

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ Александр Семенович Панюшкин юлташа, вăл урăх ĕçе куçнă май, Совет Союзĕн Китай Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

# Шкулти ĕçсене контроллесе тăрасси çинчен

Халăха вĕрентес тĕлĕшпе умра тăракан задачăсене И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕнче тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсенче палăртнă. «...Пурне те обязательнăй йĕркепе политехникăлла вĕрентме тытăнмалла, çакă вăл общество членĕсене ирĕклĕн професси суйласа илме май памашкăн кирлĕ, общество членĕсем ĕмĕр тăршшĕпех мĕнле те пулин пĕр профессипе çыхăнса тăмалла ан пултăр», тесе кăтартса парать Сталин юлташ. Пилĕкçуллăх вĕçĕнче республикăсен столицисемпе пысăк хуласенче пурне те вăтам пĕлӳ парас ĕçе куçмалла, çитес пилĕкçуллăхра ытти хуласемпе ялсенче пур çĕрте те вунă çул вĕрентме условисем туса хумалла.

Çак задачăсене ăнăçлă пурнăçлама шкулсен ĕçне лайăх организацилени, вĕрентӳпе воспитани ĕçне вăйлатни кирлĕ. Ку вара çутĕç органĕсемпе шкул руководителĕсене ачасемпе çамрăксене вĕрентес ĕçе конкретлă тата пĕлсе ертсе пыма хушать. Вĕрентӳ ĕçĕнче урок тĕп вырăнта тăрать. Çавăнпа та нимĕнрен малтан уроксен пахалăхĕ çине тимлĕ пăхни кирлĕ.

Шупашкарти малта пыракан шкулсенче, Канашри иккĕмĕш тата Улатăрти çиччĕмĕш шкулсенче, Куванино районĕнчи Клавдинăри вăтам шкулта вĕрентӳ ĕçĕ лайăх пулса пырать. пулсан, ку вара асăннă шкулсен руководителĕсем уроксем мĕнле иртнине тăтăшах тĕрĕслесе тăнипе, учительсене, уйрăмах çамрăк учительсене уроксем иртерме вĕрентсе пынипе килет. Шкул руководителĕсем урок идейăпа политика тĕлĕшĕнчен тивĕçлĕ шайра иртнине, учитель хăйĕн урокĕнче программăри темăна ăнлантарса пама пĕлнине, ачасене килте вĕренме заданисем парас ĕçе мĕнле туса пынине тĕрĕслеççĕ, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме мĕн тума кирлине кăтартса параççĕ. Вĕсем çамрăк учительсене малта пыракан опытлă учительсем пек ĕçлеме вĕрентеççĕ.

Вĕренекенсен коллективне вĕренӳри пахалăхшăн тата çирĕп дисциплинăшăн кĕрешме организацилени, кашни ачан ăраскалĕхне пĕлсе, ăна вăхăтра пулăшу пани, шкулти комсомол тата пионер организацийĕсен ĕçне, вĕренекенсен класс тулашĕнчи канăвне тĕрĕс йĕркелени вĕрентӳпе воспитани ĕçне ăнăçлă пурнăçласа пыма май параççĕ. Вĕренекенсене киле панă заданисене мĕнле хатĕрлемеллине лайăх ăнлантарса пани те вĕренӳ пахалăхне ӳстерме пулăшать. Урок хатĕрленĕ чухне ача хăй тĕллĕн ĕçлеме хăнăхать, унăн вĕренӳри активлăхĕ ӳсет. Çакна асра тытса, малта пыракан учительсемпе класс руководителĕсем заданисене ачасем килте мĕнле пурнăçланине яланах асăрхаççĕ, вĕсене урока мĕнле вĕренмелли çинчен каласа параççĕ, ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе тачă çыхăну тытаççĕ.

Вĕренекенсене коммунизмăн активлă строителĕсем пулма воспитани парасси—учителĕн чи ответлă та хисеплĕ задачи. Вăл урока тĕрĕс йĕркелени тата ăна методика тĕлĕшĕнчен тĕрĕс иртерни вĕренекенсене наука пĕлĕвĕсене, марксизм-ленинизм идейисене тарăнрах ăнланса илме пулăшмалла. Çак задачăна учитель мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăрасси—шкул директорĕпе вĕрентӳ пайĕн заведующийĕн кулленех туса пымалли ĕçĕ.

Класс тулашĕнчи тата шкул тулашĕнчи ĕçе организацилес пирки те чылай шкулсем паха опыт пухнă. Сăмахран, Шупашкарти хĕрачасен пĕрремĕш вăтам шкулне илер. Унта кашни шăматкун каçхине «литература вечерĕ» иртереççĕ. Вечерсене литература кружокĕ иртерет. Кружока РСФСР тата ЧАССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительници Л. Г Денисова юлташ ертсе пырать. Вăл вĕренӳ çулĕ пуçлансанах интереслă вечер иртернĕ. Хĕрачасем çуллахи каникул вăхăтĕнче хăйсем коммунизмăн аслă стройкисене, Мускавпа Ленинграда кайса курни çинчен каласа панă. Вĕренӳ çулĕн иккĕмĕш çур çулĕнче кружок Н. А. Некрасова, чехсен паллă писательне Юлиус Фучика хисеплесе вечерсем иртернĕ тата çитес вечерсенче А. С. Пушкин, А. П. Чехов, П. И. Чайковский ĕçĕсемпе тата пурнăçĕпе паллашаççĕ. Ку вечерсенче писатель-классиксем хамăрăн Тăван çĕршыва юратма вĕрентсе çырнă произведенисене вуласа параççĕ. Кун пек вечерсем ачасене Тăван çĕршыва юратма воспитани параççĕ.

Шкулсенче техникăна вĕренмелли кружоксем туни усăллă. Чылай шкулсенче литература, физика, радио, фото, электро кружокĕсем, модельсем тăвакансен, çамрăк натуралистсен кружокĕсем пур. Вĕсен занятийĕсене йĕркеллĕ иртерни ачасене класра вĕреннĕ чухне илнĕ пĕлӳсене çирĕплетме, вĕсен активлăхне ӳстерме, пултарулăхне вăйлатма пулăшать.

Шкулсен дирекцийĕсемпе класс руководителĕсен вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсемпе тачă çыхăну тытас пулать. Вĕсем хăйсен ачисем шкулта мĕнле вĕреннине, хăйсене мĕнле тыткаланине яланах пĕлсе тăччăр, çитменлĕхсене пĕтерме, вĕренӳри дисциплинăна çирĕплетме пулăшччăр.

Вĕренекенсене театрти кăнтăрлахи постановкăсене, кинокартинăсене курма коллективлăн илсе çӳрени, спорт ăмăртăвĕсене иртерни вĕренекенсемшĕн усăллă. Ачасене техникăпа паллаштарма вĕсене фабрикăсемпе заводсене, электростанцисене, машина-трактор станцийĕсене, совхозсемпе колхозсене, выльăх-чĕрлĕх фермисене илсе каяс пулать. Çакăн пек экскурсисем организацилесси—кашни учителĕн тивĕçĕ.

Шкулти ĕçсене тĕплĕн тата тăтăшах контроллесе тăни ĕçри çитменлĕхсене вăхăтра палăртса çийĕнчех мерăсем йышăнма май парать. Çавăнпа та кашни шкултах уроксем мĕнле иртнине, кружоксем мĕнле ĕçленине яланах тĕрĕслесе тăмалли çирĕп йĕрке тăвас пулать. Тĕрĕсленĕ чухне ĕçри çитĕнӳсене, хăш учитель ачасене лайăх вĕрентнине шута илмелле. Тĕрĕслев итогĕсене тĕпчесе пĕтĕçтерме учительсен коллективне хутшăнтармалла. Педагогика советĕнче, директор пухакан канашлусенче, методикăллă пĕрлешӳсенче учительсен отчечĕсене итлемелле, вĕсен паха опытне пичетре анлă çутатмалла Канашлусенче критикăпа самокритикăна анлăн сарни çитменлĕхсемпе йĕркесĕрлĕхсене уçса палăртма, вĕсене пĕтермелли майсене тупма, паха сĕнӳсем пухма май парĕ.

Куппа пĕрлех канашлусенче пысăк опытлă учительсен доклачĕсене итлес пулать. Вĕсем хăйсен ĕçĕ çинчен каласа пани çамрăк учительсемшĕн питех те усăллă пулĕ. Сăмахран, Шупашкарти хĕрачасен пĕрремĕш шкулĕнче математика вĕрентекен учительсем П. М. Максимов, Е. В. Лебедева тата Н. И. Устинов юлташсем программăри материала вĕреннĕ чухне ачасене задачăсем шутлама ытларах хăнăхтарма тăрăшаççĕ, геометри вĕрентнĕ чухне геодези енĕпе ĕçлеме, çĕр участокĕсене виçме, плансем тума, тĕрлĕ приборсемпе тата пособисемпе усă курма хăнăхтараççĕ.

Шкул директорĕпе вĕренӳ пайĕн заведующийĕ кашни кун 2—3 учителĕн урокне итлеме тивĕçлĕ. Чылай шкулсенче вара çак йĕркене пурнăçламаççĕ. Çутĕç органĕсен представителĕсем шкул ĕçне тĕрĕсленĕ чухне, унта пĕр-икĕ урокра пулнипех, çав уроксенчи çитменлĕхсене палăртнипех лăпланаççĕ. Вĕсем кашни учителĕн ĕçне тĕпчесе вĕренме тăрăшмаççĕ, класс тулашĕнче ĕçлессине мĕнле йĕркеленипе сахал интересленеççĕ, тĕрĕслев итогĕсем çинчен педагогика советĕнче, учительсен канашлăвĕнче сӳтсе явмаççĕ. Кун пек çитменлĕхсене пĕтерес пулать.

Учительсен пĕтĕм вăйне вĕренекенсене тарăн та çирĕп пĕлӳ парас ĕçе, вĕсене коммунизмла воспитани парас ĕçе пăхăнтармалла. Пирĕн çамрăксен тавра-курăмĕ тăтăшах ӳссе пытăр, вĕсем социализмлă Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратакан çулăмлă патриотсем, сывлăхлă та хаваслă çынсем, нимĕнле йывăрлăхран та хăраман, кирек мĕнле йывăрлăхсене те çĕнтерме пултаракан çынсем пулса ӳсчĕр.

**Н. СТЕПАНОВ,**
**Педагогика наукисен кандидачĕ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01325 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.